ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

№ 19 (9698) | 1956 çул, январь 27, эрнекун | 38-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Хула транспорчĕн ĕçне лайăхлатмалла

Хальхи вăхăтра хула çыннисен пурнăçĕнче транспорт калама çук пысăк вырăн йышăнать. Рабочипе служащин ĕçе каймалла-и е унтан таврăнмалла-и, шкул ачипе студентăн вĕренĕве васкамалла-и, инçе çула кайма хатĕрленнĕ çыннăн чугун çул станцине çитмелле-и, килхуçин е уйрăм учрежденин вутă, пĕрпĕр груз турттарса килмелле-и—пур ĕç валли те транспорт кирлĕ. Сывă организмăн чĕре таппийĕ пекех хула транспорчĕн пĕр вĕçĕмсĕр,—хĕлле те, çулла та, кăнтăрла та, çĕрле те,—пĕр тикĕс ĕçлемелле.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви хула транспортне аталантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Çулсем тума тата юсама çултан-çулах нумайрап та нумай укçа-тенкĕ уйăрса параççĕ, ĕçсыннисене лартса çÿремелли машинăсен паркĕсем пысăкланса пыраççĕ. Çакна эпир республика столицин—Шупашкар хулин тĕслĕхĕпчев те лайăх куратпăр. 1940 çултанпа Шупашкар хулин транспорчĕ вунă хут ытла ÿснĕ. Халĕ автобуссем ĕççыннисене хулара пилĕк тĕрлĕ маршрутпа илсе çÿреççĕ. Хула çывăхĕнчи район центрĕсемпе тата уйрăм пунктсемпе çыхăну тытма тăватă маршрут тунă. Тăват-пилĕк çул каялла кăна хулара пĕр çăмăл автомобиль-такси те пулман, халĕ çавăн пек автомобильсем 30  яхăн, вĕсем кунĕн-çĕрĕн çĕршер те пиншер çынсене турттарса çÿреççĕ. Груз турттармалли таксомоторсем ĕçлеме пуçлани те виçĕ çул çеç çитет. Иртнĕ çулта кăна хулари автотранспорт кантурне çĕнĕрен 15 автобус, 4 çăмăл автомобиль-такси, 10 груз турттармалли автомашина килнĕ. Хула транспорчĕ Шупашкарта кăна мар, республикăри ытти хуласенче те ÿссе пырать. Канашра вагонсем юсакан заводпа хула центрĕ хушшинче кăна пилĕк автобус çÿрет. Халĕ ĕнтĕ Улатăр, Çĕмĕрле хулисен хăйсен автобус паркĕсем пур.

Хула транспорчĕ ÿссе пынипе пĕрлех ĕççыннисен ыйтăвĕсем те пысăкланса пыраççĕ. Вĕсем транспорт пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлессе шанса тăраççĕ, хула Совет исполкомĕсем унăн ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăрасса, унта палăрнă çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтересse кĕтеççĕ. Ĕççыннисем хула транспорчĕпе лайăхрах тата туллинрех усă курасшăн.

Анчах, калас пулать, паянхи куна пирĕн хуласенчи транспорт ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерейместь-ха. Транспорт ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур, вĕсене пĕтерессишĕн транспорт кантурĕсен руководителĕсем те, хула Совечĕсен исполкомĕсем те çине тăрса тăрăшмаççĕ, ĕççыннисем вара транспорт начар ĕçленĕшĕн чăннипех тарăхаççĕ.

Акă, Шупашкар хулинчи транспортах илер. Транспорт паркĕ пысăк пулсан та вăл ĕççыннисен ыйтăвĕсене ниепле те тивĕçтерейместь. Мĕншĕн? Чи малтанах çакă автотранспорт кантурĕ (начальникĕ Михайлов юлташ) транспорт ĕçне тивĕçлипе йĕркелеменнинчен килет. Ĕçри йĕркесĕрлĕх уйрăмах хĕллехи кунсенче палăрчĕ. Хальхи вăхăтра хулари маршрутсем тăрăх сахалтан та 14 автобусран кая мар çÿремелле пулсан, 8—10 автобус кăна çÿрет, малтанхи сивĕсем пуçлансанах автотранспорт кантурĕ маршрутсем тăрăх 3—4-шар автобус çеç кăларма пултарчĕ. Хулари автопарк хĕллехи условисенче ĕçлеме кирлĕ пек хатĕрленмен. Водительсем, кондукторсем хушшинче ĕç дисциплини япăх. Чылай автобуссем график тăрăх çÿремеççĕ. Уйрăм водительсем хăшпĕр çĕрте графикпа пăхнинчен ытларах чарăнса тăраççĕ, тепĕр чухне тата вуçех чарăнмасăр иртсе каяççĕ.

Канмалли кунсенче халăх транспортпа ытларах усă курать. Апла пулин те çавăн пек кунсенче транспорта лайăхрах ĕçлеттермелле тăвас пирки нимĕн те туман. Пĕр-пĕр автобус е такси çул çинче çĕмĕрĕлсе каяс-мĕн пулсан, ăна вырсарникун юсама та май килмест, мĕншĕн тесен вăл кун, склад хупă пирки, запаслă пайсем илме çук.

Автотранспорт кантурĕн айăпне пула декабрь уйăхĕнче пилĕк куп хушши автол пулманнипе пĕтĕм транспорт ĕçлемесĕр тăнă. Кантур руководителĕсем горючи, сĕрмелли япаласем çителĕклипе çителĕклĕ маррине малтапах пĕлсе тăнă пулсан, çакă пулман пулĕччĕ.

Автопаркра ĕçлекенсем валли условисем туса паман. Мастерскойсем пĕчĕккĕ, çавна пула профилактикăлла юсав ĕçĕсене те вĕсен килхушшинче о урамра тума тивет. Запаслă пайсем, скатсем, аккумуляторсем çитменнипе пула чылай автобуссемпе çăмăл автомобиль-таксисем ĕçлемесĕр лараççĕ.

Хула транспортне пĕр тикĕс ĕçлеттерме чăрмантаракан тепĕр çитменлĕх вăл—çулсене начар тытса тăни. Хĕллехи условисенче çулсене уйрăмах лайăх тытса тăни кирлĕ. Шупашкар хула Совет исполкомĕн коммунальнăй хуçалăх пайĕ хулари çулсене тирпейлĕ тытса тăрассишĕн кĕрешмест. Январĕн 23-мĕшĕнче, сăмахран, çулсем япăх пирки Шупашкарта автобуссен çур паркĕ ытла ĕçлемен, груз турттармалли таксомоторсенчен пĕри те ĕçе тытăнайман. Автобуссем ирхине ултă сехетре çÿреме тытăнаççĕ пулсан, коммунальнăй хуçалăх пайĕ çулсене тасатма тăхăр е вунă сехетре тин пуçăнать. Вырсарникунсенче çулсене пăхса тăрассине вуçех йĕркелемен. Çул япăх пирки хулапа чугун çул станцийĕ хушшинче автобуссем час-часах йĕркеллĕ çÿремеççĕ. Хула Совет исполкомĕ çулсене йĕркеллĕ тытса тăрас, пăрлакшуçлак вырăнсене хăйăр сапас, автобуссем чарăнакан вырăнсене йĕркелес пирки сахал мар решенисем йышăннă, канашлусем ирттернĕ. Анчах, тĕрĕссипе илсен, решенисене пурнăçлас тесе никам та кирлĕ пек тăрăшмасть. Ялхуçалăх институчĕ тĕлĕнче автобуссене çаврăнма йывăр. Миçе çул ĕнтĕ Шупашкарпа Чапаевски поселок хушшинче автобуссемпе çÿреме çул йĕркеллĕ марри çинчен каласу пырать, анчах çакă никама та тивĕçлипе хумхантармасть.

Хулара автобуссем килессе кĕтмелли вырăнсене кирлĕ пек йĕркелемен. Çавнашкал вырăнсенче тенкелсем те сахал. Автовокзалта яланах йĕркелĕх çук, вăл ытла та пĕчĕккĕ, унта сивĕ, таса мар. Çаксем вĕсем пĕчĕк ыйтусем мар, вĕсене хула Совет исполкомĕн хăвăртрах татса памалла.

Уйрăмах автобуссем çине лараssине йĕркелесси çинчен каламалла. Халăх нумай пухăннă вырăнсенче хăйсене хулиганла тыткалакан çынсем автобуссем çине лартнă чухне обществăлла йĕркелĕх правилисене пăсаççĕ. Çак çитменлĕхсене те пĕтермелле.

Республикăри хуласенче автотранспорт япăх ĕçленĕшĕн нимрен ытларах Чăваш автотранспорчĕн тресчĕ (управляющийĕ Потулов юлташ) ответлă. Унăн хăйĕн ĕçне тĕпрен лайăхлатмалла, пассажирсен сĕнĕвĕсене шута илмелле, малта пыракан водительсен, кондукторсен тата ытти работниксен опытне анлăн сармалла.

СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче автомобиль транспорчĕ умне пысăк задачăсем лартнă. Автобуссемпе пассажирсем илсе çÿрессине пилĕкçуллăхра 3,5 хут, çăмăл автомобильпе-таксипе илсе çÿрессине 3 хут ÿстермелле, транспортпа усă курассине тĕпренех лайăхлатмалла. Çав задачăсене пурнăçлас тесен, рабочисемпе служащисен кулленхи ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе ĕçлекен хула транспорчĕн ĕçне пĕрмаях лайăхлатса пымалла.

## Инди Республикине туса хунăранпа ултă çул тултарнă май Мускав общественноçĕн представителĕсем ирттернĕ чаплă лару

Инди Республикине туса хунăранпа ултă çул тултарнине асăнă Инди халăхĕпе пĕрле совет çыннисем анлăн паллă тăваççĕ. Январĕн 25-мĕшĕнче, Индин наци праçникĕ—Республика кунĕ умĕн Мускавра, Союзсен Çуртĕн Колоннăллă залĕнче Мускав общественноçĕн представителĕсен чаплă ларăвĕ пулнă. Ларăва ВЦСПС, Урăх çĕршывсемпе культурăлла çыхăнусем тытас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри общество, СССР Культура министерстви тата СССР писателĕсен Союзĕ пухнă.

Чаплă ларăва ВЦСПС председателĕ Н. М. Шверник уçнă. Ларăва уçнă чухне оркестр Инди Республикипе Совет Союзĕн государство гимнĕсене каланă.

«Совет халăхĕпе Инди халăхĕ хушшинчи туслăх тата вĕсем культура тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлени» çинчен СССР Культура министрĕ Н. А. Михайлов доклад туса панă.

Унтан Инди Республикин СССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ К. П. Ш. Менон сăмах тухса каланă.

Лару вĕçĕнче СССР писателĕсен Союзĕн генеральнăй секретарĕ А. А. Сурков чаплă ларура пулнисем Дели хулин гражданĕсем патне яма çырнă саламлă послани текстне вуласа панă. (ТАСС).

## РСФСР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕ

Январĕн 24-мĕшĕнче Кремльти Пысăк Дворецра РСФСР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕнче РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата республикăн 1954 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклада малалла сÿтсе явнă. Хăйсен сăмахĕсенче депутатсем КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне чун-чĕререн ырлани çинчен каланă. Çак Директивăсен проектĕнче ССР Союзĕн халăх хуçалăхне малалла аталантармалли чаплă малашлăхсене палăртса хунă. Депутатсем республикăн 1956 çулхи бюджетне—сессире пăхса тухакан бюджета ырланă.

Ирхи ларура тухса каланă И. Д. Нещадимов депутат (Кемерово облаçĕ) Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне совет халăхĕ ĕçри тата политика тĕлĕшĕнчи питĕ пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илнине палăртнă. Облаçри промышленность предприятийĕсем çĕр кăмрăкĕ, тимĕр руди кăларассине, хурçăпа чугун шăратассине, прокат, ферросплавсем, кокс, минераллă удобренисем, сăрт-ту оборудованийĕ, цемент туса кăларассине ÿстерсе пыраççĕ. 1955 çулта Кузбасс шахтисенче кăларнă çĕр кăмрăкĕн хисепĕ 1913 çулта Российăри мĕнпур бассейнсенче кăларнă çĕр кăмрăк хисепĕнчен икĕ хут нумайрах пулнă.

Нещадимов депутат ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсем çинчен, облаçри ялхуçалăхĕн чылай отраслĕсем халĕ те кая юлса пыни çинчен калать. Облаçра çĕрулмипе пахча çимĕç сахал туса илеççĕ, нумай культурăсен тухăçлăхĕпе обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ.

Оратор ССР Союзĕпе РСФСР-ăн Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствисене критиклесе каланă. Çак министерствăсем çĕнĕ предприятисем тăвас тата хальхи предприятисене, çав шутра Яшкинăпа Топкири цемент завочĕсене тата Анжерскри кĕленче заводне реконструкцилес ĕçе хăвăртлатма кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Нещадимов юлташ РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджетне, унта Бюджет комиссийĕ сĕннĕ тÿрлетÿсене кĕртсе, çирĕплетмелле, тесе каланă.

Д. М. Матюшкин депутат (Краснодар крайĕ) çапла каланă: Совет Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ пирĕн çĕршыври хуçалăхпа культура строительствин тĕплĕн никĕсленĕ программи пулса тăрать, ăна Кубань тăрăхĕнчи ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, хĕрÿллĕн ырлаççĕ.

Оратор çакăн çинчен пĕлтернĕ: Кубань тăрăхĕнчи колхозниксем, МТС-семпе совхозсенчи рабочисем тата специалистсем, планламалли çĕнĕ йĕркене ĕçлесе, шалти резервсемпе лайăхрах усă курнă, иртнĕ çул ялхуçалăх продукчĕсем нумайрах туса илнĕ. Çакă вăл крайри колхозсемпе совхозсене государствăна тырă, сĕт, аш-какай тата ытти продуктсем памалли тата сутмалли плансене ирттерсе тултарма май панă. Колхозсенче ĕçкунĕсем тăрăх тырă тата укçа нумайрах валеçнĕ.

Крайри ялхуçалăхне малалла аталантарасси çинчен сăмах хускатса, Матюшкин депутат çапла калать: республикăн Ялхуçалăх министерстви электрификаци ĕçĕ çине кирлĕ пек тимлĕ пăхмасть. Депутат РСФСР Коммунальнăй хуçалăх министерствине хытă ÿпкелесе каланă. Çак министерство крайри хуласемпе поселоксене ĕçмелли шыв парса тăрассине лайăхлатмалли майсене тупас тĕлĕшпе вунă çула яхăн ĕçлет ĕнтĕ, анчах практикăра вара нимĕн те туман-ха.

Иртнĕ çул республикăри совхозсем, тенĕ РСФСР Совхозсен министрĕ Т. А. Юркин депутат, тĕштырă, пахча çимĕç, аш-какай, сĕт, çăм туса илессине ÿстерчĕç. Халиччен сухаламан çĕрсемпе усă курма тытăннă районсенче тĕштырă акса тăвакан 89 çĕнĕ совхоз организациленĕ. Çакăнпа пĕрлех республикăра пĕчĕк тухăçлă тĕштырă туса илекен совхозсем те сахал мар-ха. Министерствăпа унăн управленийĕсем совхозсенче агротехника мероприятийĕсене мĕнле пурнăçласа пынине кирлĕ пек тĕрĕслесе тăман. Çакна пула нумай совхозсем тырпул акас ĕçĕн пахалăхне тата акмалли сроксене пăснă, çумкурăксене пĕтерес тĕлĕшпе начар кĕрешнĕ, тĕштырă культурисене çулса пултарса пухса кĕртес йĕркепе ĕçлемен, малта пыракан хуçалăхсен опытне çителĕксĕр вĕреннĕ.

Министерство ĕçĕнчи çитменлĕхсене критикленине тĕрĕс тесе йышăнса, Юркин юлташ совхозсен ĕçне лайăхлатма мĕнле мерăсем йышăнни çинчен пĕлтернĕ.

Т. И. Бочиарова депутат (Ульяновск облаçĕ) çапла калать: пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче облаçри промышленность производстви 60 процент ÿснĕ. Предприятисенче çĕнĕ йышши продукци—автомобильсем, автоматла линисем, малолитражнăй двигательсем, шыв пĕрĕхтерсе сапмалли установкăсем, питĕ тĕрĕс ĕçлекен токарнăй станоксем, электроаппаратура туса кăларма вĕренсе пыраççĕ.

Ялхуçалăхĕнче чылай пысăк ăнăçусем пулса пыраççĕ. Планламалли çĕнĕ йĕрке çĕнĕ резервсене палăртма май панă, çĕнĕ резервсемпе усă курса колхозсемпе совхозсем тĕштырă, аш-какай, сĕт тата ытти продуктсем туса илессине 5—6 çул хушшинче мар, 3 çул хушшинчех икĕ хут ÿстерме палăртаççĕ. Çакăнпа пĕрлех оратор ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри пысăк çитменлĕхсене палăртать, çав çитменлĕхсене пула область аш-какайпа сĕт хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана тултарайман. Депутат çапла калать: юханшывсем тăрăхĕнчи çĕрсене йывăç тункатисемпе тĕмĕсенчен тасатас, çапла вара тырпул акса тăвакан çĕр лаптăкĕсене ÿстерес ĕçре республикăн Ялхуçалăх министерстви кирлĕ пек пулăшса пымасть.

Малалла И. Г. Шкарбан депутат (Новосибирск облаçĕ) тухса калать. Республика бюджетĕнче, тет вăл, КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче лартнă задачăсем палăрса тăраççĕ. Халăх хуçалăхне çултан-çул нумайрах та нумайрах укçа-тенкĕ хываççĕ. Иртнĕ пилĕкçуллăхра Новосибирск облаçĕнче халăх хуçалăхне хывнă укçа-тенкĕ хисепĕ 3,2 хут ÿснĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче облаçри МТС-сем, колхозсем тата совхозсем, 15 лапа вăйлĕ трактор çине куçарса шутласан, 8 пине яхăн трактор, 2.700 комбайн, 4 пин ытла сеялка, 2.672 автомашина тата ытти техника нумай илнĕ. Анчах та облаçри ĕçсен калăпăшĕ чылай ÿсет. Çĕнĕрте вăйлă тырпул туса илмешкĕн тырпул акмалли тата пухса кĕртмелли сроксене кĕскетни питĕ кирлĕ. Çавăнпа та Шкарбан депутат ялхуçалăх машинисен паркне чылай ÿстерме кирли çинчен ыйту лартать. Оратор Новосибирск хули йĕри-тавра çĕрулмипе пахча çимĕç лартса ÿстерме тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме хăватлă никĕс туса хумалли çинчен уйрăмах тĕплĕн каланă, ку вăл халăха кирлĕ чухлĕ пахча çимĕç, çĕрулми тата сĕт парса тăракан хуçалăх пулмалла, тенĕ.

Пирĕн республикăн халăх хуçалăхĕ те, тенĕ С. Г. Николаев депутат (Мордва АССР-ĕ) малалла аталанса пырать. Иртнĕ пилĕкçуллăхра пĕтĕм продукци туса кăларасси 58 процент, çав шутра вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕн предприятийĕсенче — 83 процент ÿснĕ. Нумай предприятисем йĕркеллĕ, пĕр тикĕс ĕçлеме тата лайăх пахалăхлă продукци туса кăларма тытăннă.

Çакăнпа пĕрлех оратор Мордовири промышленность аталанăвĕн хăвăртлăхĕ çавсавах çителĕксĕр пулнине палăртнă.

Николаев депутат çапла калать: Россия Федерацийĕн Суту-илÿ министерствипе Роспотребсоюз халăха мĕн кирлине тата колхозсен производствăри нушисене начар тĕпчесе пĕлеççĕ.

Николаев депутат, хăй умĕн тухса каланă ытти ораторсем пекех, Россия Федерацийĕн 1956 çулхи Государство бюджетне Бюджет комиссийĕ сĕннĕ тÿрлетÿсемпе хушусене кĕртсе çирĕплетесси çинчен панă сĕнĕве ырланă.

С. Т. Пузиков депутат Ростов облаçĕнчи ĕççыннисем халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен каласа панă. Предприятисенче çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртсе пыраççĕ, лайăхрах машинăсен конструкцийĕсене туса хатĕрлеççĕ. Кăçал Ростсельмаш заводĕн «Сталинец-8» комбайнсем нумай туса кăлармалла. Вĕсем «Сталинец-6» комбайнсенчен пĕр хут çурă тухăçлăрах ĕçлеççĕ. Таганрогра сехетре 400-шер тонна пăс паракан хурансем туса кăларма пуçлаççĕ. Новочеркасскра хăватлă электровозсем туса кăларма хатĕрленеççĕ. Облаçри колхозсемпе совхозсем халиччен сухаламан 320 пин гектар çĕре тата нумай çул ÿсекен, анчах пĕчĕк тухăçлă пулакан курăксем йышăнса тăнă 165 пин гектар çĕре сухаланă. Выльăх-чĕрлĕх йышĕ ÿснĕ.

И. Ф. Васильев депутат (Томск облаçĕ) çапла каланă: халĕ ялхуçалăхĕнчи ĕçченсем тĕштырă тата ялхуçалăх продукчĕсем нумайрах туса пама тытăнчĕç. Анчах та колхозсемпе МТС-сем тырă, аш-какай тата сĕт туса илессине кирлĕ шая çитерейменха, ялхуçалăх культурисем туса илес ĕçĕн агротехники начар-ха.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ, тет оратор, вăрман промышленноçне малалла аталантарма палăртать. Облаçра вăрман запасĕсем питĕ пысăк, сулă юхтармалли юханшывсем нумай, область Кузбаса çывăх. Çаксем пурте облаçра вăрман хатĕрлессине ÿстерме анлă малашлăхсем уçса параççĕ. СССР Вăрман промышленность министерствин чылай ыйтусене татса памалла. Сăмахран, шкулсем, клубсем, больницăсем, мунчасем, яслĕсем тăвас ĕçе çĕнĕрен пăхса тухмалла, вăрман хатĕрлекен предприятисен юсав базине çирĕплетмелле, вăрман хатĕрленĕ çĕрте яланах ĕçлекен кадрсем пулмалла.

РСФСР Çутĕç министрĕ И. А. Каиров депутат пурне те вăтам пĕлÿ парас тата шкулсене политехнизацилес ĕçе малалла аталантарас тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче лартнă задачăсем çинчен каланă. Вăл пирĕн государство халăха вĕрентессишĕн нумай тăрăшнине кăтартакан цифрăсене аса илтернĕ. Пилĕкçуллăхра Россия Федерацийĕнче 3.554 шкул тунă, кунсăр пуçне, колхозсем хăйсен вăйĕпе 1.700 шкул çурчĕ лартнă. Çапла пулсан та, тенĕ оратор, Россия Федерацийĕнче шкулсем çителĕклĕ мар-ха. Республикăн Хула тата ял строительствин министерстви шкулсем валли çĕнĕ çуртсем лартмалли плансене пурнăçласа пымасть. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра шкул çурчĕсем 7 пин ытла лартмалла. Вĕсенче 2,5 миллиона яхăн ача вĕренмелĕх вырăн пулмалла.

Каиров юлташ шкулсене политехнизацилес, çак ĕçре предприятисемпе общественность пулăшу парас ыйтусем çинче уйрăмах чарăнса тăнă. Вăл çакăн çинчен пĕлтернĕ: шкулсен мастерскойĕсем валли кăçал промышленность предприятийĕсен станоксем 14 пин ытла, столяр верстакĕсем 8 пин ытла, радиотехника ĕçĕнче усă курмалли хатĕрсем 25 пин комплект туса памалла.

Сессире депутатсем РСФСР Çутĕç министерствине критиклесе каланисемпе И. А. Каиров килĕшнĕ.

Ирхи ларура çавăн пекех Н. М. Абдуллина (Пушкăрт АССР-ĕ) тата Л. Ф. Игнатьев (Удмурт АССР-ĕ) депутатсем тухса каланă.

Январĕн 24-мĕшĕнче Кремльти Пысăк Дворецра РСФСР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕн каçхи ларăвĕнче РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата республикăн 1954 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклада малалла сÿтсе явнă.

Пренисенче Н. Д. Вахнин (Коми АССР-ĕ), И. Г. Третьяков (Саратов облаçĕ) депутатсем тата РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ А. М. Сафронов депутат тухса каланă.

Унтан РСФСР Финанс Министрĕ И. И. Фадеев юлашки сăмах илнĕ. Вăл çапла каланă: Россия Федерацийĕн 1956 çулхи государство бюджетне тата 1954 çулхи бюджета пурнăçлани çинчен калакан отчета РСФСР Верховнăй Совечĕ пур енчен те пăхса тухрĕ. Пренисенче тухса каланă депутатсем çĕнĕ бюджета пĕр кăмăллă пулса ырларĕç, вăл Россия Федерацийĕнчи мĕнпур халăхсен пурнăç интересĕсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче республика хуçалăхĕпе културине малалла аталантарма укçа-тенкĕ çителĕклĕ парса тăма май парать.

Верховнăй Совет бюджета çапла çирĕплетет: тупăшсем енĕпе 74.267.131 пин тенкĕ, расходсем енĕпе—74.179.199 пин тенкĕ. Тупăшсем расходсенчен 87.932 пин тенкĕ нумайрах пулаççĕ.

Пурте пĕр кăмăллă пулнипе сасăласа, РСФСР-ăн 1954 çулхи Государство бюджечĕ çинчен калакан отчета çирĕплетеççĕ тата 1956 çулхи Государство бюджечĕ çинчен Закон йышăнаççĕ.

Унтан сесси ларăвне председатель пулса ертсе пыракан И. В. Горошкин депутат çапла пĕлтерет: РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ А. М. Пузанов депутат РСФСР Верховнăй Совечĕн Председательне заявлени панă, унта вăл хăйне РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕнчен кăларма ыйтать. Горошкин депутат заявлени текстне вуласа парать.

«РСФСР Верховнăй Совечĕн Председательне И. В. ГОРОШКИН юлташа

Сирĕнтен эпĕ хама РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕнчен кăларма ыйтни çинчен РСФСР Верховнăй Советне пĕлтерме ыйтатăп.

Эпĕ çапла тума ыйтни вăл РСФСР Министрĕсен Совечĕн руководствине çирĕплетме кирлинчен тухса тăрать.

Юлашки вăхăтра СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ Россия Федерацийĕн хуçалăхне чылай вăйлатса тĕреклетес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем туса ирттерчĕç. Нумай промышленность предприятийĕсемпе строительство организацийĕсем, культура учрежденийĕсемпе шкулсем тÿрремĕнех республикăна пăхăнса тăмалла турĕç.

Республикăн ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тĕлĕшпе питĕ пысăк ĕç туса ирттермелле пулать.

Совет правительствипе Коммунистсен партийĕ пирĕн Республика умне лартнă пысăк та кăткăс задачăсене пурнăçлама РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулса ĕçлеме урăх юлташа, государствăпа хуçалăх ĕçĕнче пысăк опыт пур юлташа уйăрса лартни усăллăрах пулĕ.

РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ А. Пузанов. 1956 çулхи январĕн 23-мĕшĕ».

Сăмах Ф. Р. Козлов депутата параççĕ. Вăл Пузанов юлташăн заявленийĕнче илсе кăтартнă сăлтавсене пĕтĕмпех тĕрĕс тесе шутлать, Старейшинăсен совечĕ хушнипе А. М. Пузанов депутатăн заявленине йышăнма тата ăна РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарма сĕнет.

Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать: Пузанов юлташăн заявленине йышăнас, ăна РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

Старейшинăсен ячĕпе И. В. Капитонов депутат РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма М. А. Яснов депутата уйăрса лартасси çинчен сĕнÿ парать.

Россия Федерацийĕн Верховнăй Совечĕ М. А. Яснов депутата, РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕн ĕçĕсенчен хăтарса, РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма уйăрса лартасси çинчен постановлени йышăнать.

Сесси кун йĕркин иккĕмĕш ыйтăвне пăхса тухма—РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетме тытăнать. Доклад тума РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарьне И. Н. Зимин депутата сăмах параççĕ. Сесси Указсене çирĕплетет.

Унтан РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн М. А. Ясновăн сĕнĕвне вуласа параççĕ. Унта вăл А. М. Пузанов депутата РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ пулмашкăн уйăрса лартма ыйтать. Çак сĕнĕве пурте пĕр саслă пулса сасăланипе йышăнаççĕ.

Верховнăй Совет Н. И. Бобровников юлташа, РСФСР Верховнăй Совечĕн Бюджет комиссийĕн председателĕн ĕçĕсенчен хăтарса, РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ пулма суйлани çинчен постановлени йышăнать.

Сесси РСФСР Бюджет комиссийĕн председателĕ пулма И. М. Скачков депутата суйлать.

Кун йĕркинчи пур ыйтусене те пăхса тухнă. Сесси хупăнни çинчен пĕлтереççĕ.

## Н. С. Хрущев юлташ Англири „Ньюс оф Уорлд" хаçат корреспондентне Грэхем Стенфорда йышăнни

Январĕн 25-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ Англири «Ньюс оф Уорлд» хаçат корреспондентне Грэхем Стенфорда йышăннă, унпа калаçнă. (ТАСС).

## Н. С. Хрущев юлташ Америка юристне Маршал Макдаффие йышăнни

Январĕн 25-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ Америка юристне Маршал Макдаффие йышăннă, унпа калаçнă. (ТАСС).

## Будапештри оперетта театрĕн спектаклĕ

Будапештри оперетта театрĕн талантлă коллективĕ (художествăлла руководителĕ—Кошут премийĕн лауреачĕ М. Гаспар), Совет Союзне пĕр уйăх ытла каярах килнĕскер, Мускавпа Ленинград хулисенче хăйĕн пысăк ăсталăхне кăтартса панă. Венгри артисчĕсем 26 спектакль кăтартнă, 16 концерт ирттернĕ. Спектакльсемпе концертсене вуншар пин совет çыннисем пырса курнă. Венгри артисчĕсем лартнă спектакльсене—И. Кальманăн «Сильва», Ю. Милютинăн «Трембита» тата О. Бинцен «Ула пăру» ятлă опереттисене совет çыннисем питĕ юратса пăхнă.

Январĕн 24-мĕшĕнче Мускаври К. С. Станиславский тата В. И. Немирович-Данченко ячĕпе тăракан музыкăллă театр сцени çинче Будапештри театр труппин юлашки спектаклĕ пулнă. Мускав çыннисене «Сильва» оперетта çĕнĕрен кăтартнă.

Питĕ ăнăçлă иртнĕ спектакль хыççăн залри халăх, Венгри артисчĕсене чысласа, тăвăллăн алă çупнă, вĕсене чечексем панă.

Спектакльте К. Е. Ворошилов, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, М. А. Суслов, Н. С. Хрущев, Д. Т. Шепилов юлташсем пулнă.

Залра çавăн пекех Венгри Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Ф. Мюнних посольство сотрудникĕсем, çавăн пекех дипломатилле корпус представителĕсем пулнă. (ТАСС).

## *СССР представителĕсем Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвне хутшăнма Прагăна тухса кайнă*

Пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, тачă çыхăнса ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Варшавăра алă пуснă договорпа килĕшÿллĕн туса хунă Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвне хутшăнма январĕн 25-мĕшĕнче Совет Союзĕн представителĕсем — СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов, СССР Оборона Министрĕ Совет Союзĕн Маршалĕ Г. К. Жуков, çавăн пекех вĕсемпе пĕрле пулакан çынсем Мускавран Прагăна тухса кайнă.

## *СССР представителĕсем Прагăна пырса çитнĕ*

ПРАГА, январĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Варшавăра алă пуснă договор тăрăх туса хунă Политикăлла Консультаци Комитечĕн ĕçне хутшăнма паян Совет Союзĕн представителĕсем—СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов, СССР Оборона Министрĕ Совет Союзĕн Маршалĕ Г. К. Жуков Прагăна пырса çитнĕ. Вĕсемпе пĕр вăхăтрах Прагăна Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем уйăрса панă Пĕрлештернĕ хĕçпăшаллă вăйсен Главнокомандующийĕ Маршал И. С. Конев пырса çитнĕ.

Руза аэродромĕнче СССР представителĕсене çаксем кĕтсе илнĕ: Чехословаки Премьер-Министрĕ В. Широкий, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш секретарĕ А. Новотный, Наци Пухăвĕн председателĕ З. Фирлингер, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсем, Премьер-Министрăн Пĕрремĕш Заместителĕ тата Наци Оборона Министрĕ А. Чепичка, Премьер-Министрăн Пĕрремĕш Заместителĕ Я. Доланский, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем И. Гендрих, В. Пашек, Б. Келер, Премьер-Министр Заместителĕсем В. Копецкий, В. Шкода, К. Полачек, Шалти Ĕçсен Министрĕ Р. Барак, Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. Давид, министрсем И. Плойгар, Э. Шлехта, Чехословаки Наука академийĕн президенчĕ З. Неедлы, министрсем тата ытти официальнăй çынсем.

Совет Союзĕн представителĕсене çавăн пекех ССР Союзĕн Чехословакири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ И. Т. Гришин, Совет Союзĕн Прагăри посольствин сотрудникĕсем, чылай çĕршывсен Прагăри посольствисен пуçлăхĕсем, Чехословаки хаçачĕсемпе урăх çĕршывсен хаçачĕсен представителĕсем кĕтсе илнĕ.

Аэродрома ССР Союзĕпе Чехословаки Республикин государство ялавĕсемпе илемлетнĕ. Кĕтсе илнĕ çĕрте хисеплĕ хурал тăратнă. Оркестр Совет Союзĕпе Чехословаки Республикин государство гимнĕсене каланă.

# Пысăк ĕçĕн аслă программи

**Республикăри ĕççыннисем, Директивăсен проектне пĕр кăмăлпа ырласа, çĕнĕ обязательствăсем йышăнаççĕ**

* *

## Хулари промышленноçа хăвăртрах аталантармалла

Улатăр хулинчи промышленность, техникăна малалла аталантарса, производствăна организацилессине лайăхлатса, малта пыракансен опычĕпе усă курса, продукци туса кăларассине çултан-çул ӳстерет. Вăл пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана йăнăçлă тултарчĕ, планран ирттерсе 23 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли заданисене те пурнăçларĕ. Уйрăмах апат-çимĕç таварĕсем, хуткупăс, йĕлтĕр туса кăларасси, торф хатĕрлесси хăвăрт аталанать. Сăмахран, апат-çимĕç комбиначĕ 1950 çулта 1,8 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларнă, 1955 çулта вăл ĕççыннисене 3,8 миллион тенкĕлĕх продукци пачĕ. Юлашки çулсенче хулара хуткупăс, баян туса кăларма тытăннă, халăха куллен кирлĕ таварсен ассортиментне нумайлатнă.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра хулара çĕнĕ предприятисем лартман. Промышленность çавăн пек çитĕнӳсем туни парти, совет тата хуçалăх организацийĕсем предприятисен шалти резервĕсемпе, оборудованипе, производство çурчĕсемпе туллин усă курма тăрăшнине пĕлтерет.

Хулари парторганизаци предприятисем производство программине тăтăшах йăнăçлă пурнăçласа пынипе кăмăлланса лармасть, продукци ытларах туса кăлармалли, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли, таварсен хăйне ларакан хакне йӳнетмелли çĕнĕрен те çĕнĕ майсем шырать, рабочисен, инженерсемпе техниксен, служащисен пултарулăхĕпе пуçарулăхне вăйлатса пыма тăрăшать. Халĕ хулари мĕнпур фабрикăсемпе заводсенче, чугун çул транспорчĕн организацийĕсенче ĕççыннисем Директивăсен проектне хĕрӳллĕн сӳтсе яваççĕ. Вĕсем çак историлле документа чун-чĕререн ырлаççĕ, çĕршыв экономикине вăйлатма, совет çыннисен пурнăçне лайăхлатма пулăшакан паха сĕнӳсем параççĕ. Ку статьяра эпир ĕççыннисем хулари промышленноçа малалла аталантарас тĕлĕшпе паракан сĕнӳсем çинче чарăнса тăрасшăн.

Улатăр хули чугун çул çинче, Сăр хĕрринче ларать. Вырăнта çитмен чĕртавар е материалсем кӳрсе килме, хатĕр продукцие ăсатма условисем питĕ аван. Сăр тăрăх çуллен çĕршер пин кубометр йывăç турттарса килеççĕ, чугун çул станцийĕ урлă çĕршывăн кăнтăрти хулисемпе облаçĕсене пĕрене куллен эшелонĕ-эшелонĕпе ăсатаççĕ. Хулара хăма çуракан, йывăç япаласем тăвакан предприятисем пур. Пирĕн шухăшпа, Улатăр витĕр ăсатакан йывăçсен пĕр пайне унтах çурма тата унтан тĕрлĕ япаласем туса кăларма пулать.

Хулара металл шăратакан, металран тĕрлĕ япаласем туса кăларакан е юсакан предприятисем, цехсем пур. Пăравуссем юсакан заводра, депора ăста рабочисем, инженерсемпе техниксем ĕçлеççĕ. Чугун çул техникумĕ, машинистсен шкулĕ тата ытти техникумсем çулсерен çĕршер специалист вĕрентсе кăлараççĕ. Çавăнпа пирĕн хулара кăткăс машинăсем, сăмахран, тепловозсем, ялхуçалăх машинисем тăвакан заводсем лартма май пур. Çăн та, халлĕхе хулара энергетика бази çителĕксĕр. Анчах хулан малашлăхĕ анлă. Кăçал коммунальнăй хуçалăх енĕпе чылай пысăк электростанци ĕçлеме тытăнать. Вăл предприятисене те электроэнерги парса тăма пултарать.

Вăрçăччен хулара хуткупăс фабрики пулнă. Унта ĕçленĕ кадрсем пуçарнипе юлашки çулсенче хуткупăс тата баян туса кăларма тытăннă. «Чувашия» баяна ĕççыннисем тулли кăмăлпа туянаççĕ. Халĕ баяна пĕр цехра çеç туса кăлараççĕ, малашне ун валли ятарласа çурт лартас пулать. Эпир баян фабрики лартма шутлатпăр.

Хулара йывăçран илемлĕ, паха япаласем туса кăларакан ăста столярсем, музыка инструменчĕсене юсакансем, настройщиксем, хуткупăс тата йĕлтĕр тăвакан фабрикăра технологсем, мастерсем пур. Вĕсене тивĕçлĕ пулăшу парсан тата хăшпĕрисене курссене е фабрикăсене ярса вĕрентсен, хулара пианино производстви организацилеме пулать. Клавиатурăна тата ытти хăшпĕр детальсене ятарласа уçнă предприятисенче туса хатĕрлеççĕ, вĕсене кӳрсе килме йывăр мар. Йывăç детальсене Улатăрта туса хатĕрлеме пулать. Пианиносене кунтан ăсатма майлă, мĕншĕн тесен пысăк хуласем—Хусан Куйбышев, Горький, Шупашкар, Саранск, Ижевск—инçе мар.

1951-мĕшпе 1953-мĕш çулсенче РСФСР Министрĕсен Совечĕ Улатăрти атă-пушмак фабрикине çĕнетсе пысăклатма палăртнă. Çавăн хыççăн фабрикăна чылай машинăсемпе станоксем кӳрсе килнĕ, анчах вĕсене вырнаçтарса лартма май çук. Фабрика çурчĕнче Госбанк уйрăмĕпе аш-какай комбиначĕн колбаса тăвакан цехĕ вырнаçнă. Вĕсем валли çĕнĕ çурт лартсан, фабрикăна чылай пысăклатма, ахаль тăракан оборудование вырнаçтарса лартса ĕçе яма пулать. Фабрика дирекцийĕ тата хулари организацисем фабрикăна пысăклатасси тата оборудованипе усă курасси çинчен республикăри организацисенче ыйту темиçе хут та лартнă, анчах вĕсем ăна çавсавах татса памаççĕ.

Чăваш АССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви апат-çимĕç комбиначĕ вырăнне 1954 çулта кондитерски фабрика, 1955 çулта—бисквит тăвакан фабрика уçма палăртрĕ. Хула Совет исполкомĕ çĕнĕ фабрикăна лартма участок уйăрса пачĕ. Икĕ çул каласнипех иртрĕ, фабрикăна лартма паянхи кунччен те тытăнман.

Кирпĕч заводне çĕнетсе пысăклатасси çинчен сăмах виççĕмĕш çул пырать. Чăваш АССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ проект та туса хатĕрленĕ, анчах вăл строительство ĕçĕсем валли завода укçа-тенкĕ уйăрса памасть. Республикăра кирпĕч сахал туса кăлараççĕ, пысăк кирпĕч заводĕ лартиччен Улатăрти, Ивановăри тата Канашри заводсене вăйлатса, кирпĕч производствипче татăклă улшăну тумалла. Эпир Строительство материалĕсем тăвакав промышленность управленийĕ (начальникĕ М. Репкин юлташ) пирĕн завода тивĕçлĕ пулăшу парасса шанатпăр.

Чăваш АССР Вырăнти промышленность министерстви чылайранпа çĕвĕ фабрики лартма хатĕрленет, пулас фабрика валли участок уйăрса панă. Кăçал ăна лартма тытăнасчĕ.

Эпир республикăри тивĕçлĕ министерствăсемпе управленисем тата Госплан çак статьяра хускатнă ыйтусене тĕплĕн пăхса тухса кирлĕ мерăсем йышăнасса шанатпăр.

**И. ЕРЕМИН.**
**КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ.**

## Çыхăну ĕçĕн малашнехи ӳсĕмĕ

Çĕршывăн тĕрлĕ районĕсем хушшинчи экономикăпа культура тĕлĕшĕнчи çыхăнусене малалла аталантарас ĕçре телефонпа радио пысăк вырăн йышăнаççĕ. Вĕсем улттăмĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче пирĕн республикăра та малалла нумай вăйланмалла. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра, сăмахран, тепĕр 280 колхоза телефон кĕртме палăртнă. Çапла вара, республикăри пур колхозсене те телефон кĕртсе пĕтереççĕ. Кăçалхи план тăрăх 30 колхоза телефон кĕртмелле, радио саракан линисем 50 километр тăршшĕ тумалла, радиоузелсем валли 8 электростанци лартмалла тата 7 радиоузела çĕнĕ оборудованипе пуянлатмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, вырăнти бюджетран уйăрса паракан укçа-тенкĕпе усă кӳрса, Йĕпрес, Куславкка, Сĕнтĕрвăрри, Вăрнар, Çĕрпӳ тата Етĕрне районĕсен центрĕсенче телефон станцийĕсене çĕнетмелле. Вĕсем центральнăй батарея вăйĕпе ĕçлеме тытăнмалла. Республикăна пăхăнса тăракан хуласенче телефон линине чылай пысăклатма палăртнă. Сăмахран, Улатăр, Çĕмĕрле хулисенче çĕнĕ телефон станцийĕсем тумалла. Шупашкар хулинче те телефон станцине вăйлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă.

Хуласем хушшинчи телефонпа телеграф çыхăнăвне малалла вăйлатмалла, 700 километр тăршшĕ çĕнĕ линисем тумалла.

Шупашкарпа Канаш, Шупашкарпа Çĕмĕрле хулисем хушшинчи телефон çыхăнăвĕ малалла лайăхланмалла. Кунта пĕр телефон линийĕ тăрăх, пĕр-пĕрне чăрмантармасăр, пĕр харăсах темиçе çын калаçмалла тума палăртнă.

Районти çыхăну кантурĕсен, ялсенчи çыхăну уйрăмĕсемпе агентствисен çурчĕсене çĕнĕрен тăвас е юсас тĕлĕшпе нумай ĕçсем тумалла пулать. Ялсенчи çыхăну уйрăмĕсем валли çĕнĕрен 15 çурт лартмалла, вĕсенчен иккĕшне кăçалах туса пĕтереççĕ. Çавăн пекех районти çыхăну кантурĕсемпе çыхăну предприятийĕсем валли 6 çурт лартмалла.

Союзпечат павильовĕсемпе киоскĕсен шутне ӳстерсе пымалла. Çĕнĕрен тăватă павильон,ултă киоск тума палăртнă.

Çыхăну работникĕсен пурнăçпа йĕла условийĕсем малалла лайăхланаççĕ: çĕнĕ пилĕкçуллăхра 68 хваттерлĕ пурăнмалли тăватă çурт тата 50 ача валли пĕр сад тума палăртнă.

Хальхи вăхăтра пирĕн республикăри ĕççыннисем телевизорпа паракан передачăсем çинчен хаçат-журналсенче вуласа пĕлме е радио тăрăх итлеме çеç пултараççĕ-ха. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра кӳршĕри хуласенчи телевизионнăй станцисем паракан передачăсене трансляцилеме Шупашкарта тивĕçлĕ ĕçсем тумалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çыхăну ĕçĕ пирĕн республикăра лайăхланать, çыхăну предприятийĕсем çĕнĕ техникăпа тата оборудованипе пуянланаççĕ.

Республикăри çыхăну работникĕсем, ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕпе хавхаланса, çак кунсенче нихçанхинчен те пысăкрах хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Çĕрпӳри, Канашри, Муркашри тата ытти çыхăну кантурĕсен работникĕсем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ социализмла обязательствăсене йăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ.

**П. КУДРЯШОВ.**
**Республикăри çыхăну управленин начальникĕн заместителĕ.**

# Чăваш АССР халăх хуçалăхне аталантармалли 1955 çулхи государство планне тултарнин итогĕсем çинчен

*Чăваш АССР Статистика Управленийĕ пĕлтерни*

1955 çулта республикăри промышленность, транспорт, ялхуçалăхĕ, капитальнăй строительство, тавар çаврăнăшĕ аталаннине, культура строительстви ӳснине çак цифрăсем кăтартса параççĕ.

## I. Промышленность

Республика территорийĕнчи промышленность продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе 103 процент, вăл шутра Союзри министерствăсемпе ведомствăсене пăхăнса тăракан предприятисем 103 процент, РСФСР Министерствисемпе ведомствисене пăхăнса тăракан предприятисем—99,96 процент, Чăваш АССР Министрĕсен Советне пăхăнса тăракан предприятисем—105 процент тултарнă.

Чăваш республикинчи пĕтĕм промышленность (пĕчĕк хушма предприятисемсĕр пуçне) 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, продукци 16 процент ытларах туса кăларнă.

Чăваш республикинчи уйрăм министерствăсем, ведомствăсем, РСФСР министерствисемпе ведомствисене пăхăнса тăракан трестсем продукци туса кăлармалли 1955 çулхи плана çакăн чухлĕ тултарнă:

| | Çулталăкри плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Чăваш АССР Вырăнти промышленность министерстви | 107 |
| Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Топливо промышленноçĕн управленийĕ | 139 |
| Чăваш АССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви | 108 |
| Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ | 84 |
| Чăваш АССР Культура министерствин предприятийĕсем | 106 |
| Чăваш АССР Коммунальнăй хуçалăх министерствин предприятийĕсем | 97 |
| Чăваш АССР Суту-илӳ министерствин предприятийĕсем | 98 |
| Чăвашпотребсоюзăн предприятийĕсем | 90 |
| Чăвашпромсовет | 109 |
| «Чăвашвăрман» тресчĕ | 97 |
| Аш-какай тресчĕ | 84 |
| Сĕт-çу тресчĕ | 97 |
| Йĕтĕнпе сӳс-кантăр тресчĕ | 58 |
| Сăкăр тресчĕ | 110 |
| Крахмал тресчĕ | 102 |
| Арман тресчĕ | 120 |
| Вăрман хуçалăх управленийĕн предприятийĕсем | 127 |

Чăваш АССР Вырăнти промышленность министерстви, Чăваш АССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Топливо промышленность управленийĕ, Чăвашпромсовет, Сăкăр тресчĕ, çавăн пекех Чăваш АССР Культура министерствин предприятийĕсемпе Вăрман хуçалăх управленийĕн предприятийĕсем, продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпех тултарнă пулин те, производство планне çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарман.

Продукци туса кăлармалли çулталăкри плана уйрăм предприятисем çакăн чухлĕ тултарнă:

| | Çулталăкри плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Шупашкарти электроаппаратура завочĕ | 116 |
| Канашри вагонсем юсакан завод | 107 |
| Улатăрти пăравуссем юсакан завод | 110 |
| Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ | 100 |
| Куславккари çуртсем тăвакан завод | 99 |
| Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод | 98 |
| Сĕктерти вăрман комбиначĕ | 106 |
| Вăрмарти сĕтел-пукан фабрики | 89 |
| Кирери рыблеспромкомбинат | 128 |
| Атăл леш енчи торф предприятийĕ | 117 |
| Çĕмĕрлери экстракт тăвакан завод | 103 |
| Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ | 104 |
| Çĕрпӳри пир-авăр фабрики | 112 |
| Сĕнтĕрти пир-авăр фабрики | 111 |
| Шупашкарти чăлха фабрики | 103 |
| Шупашкарти лента тĕртекен фабрика | 108 |
| Улатăрти атă-пушмак фабрики | 112 |
| Шупашкарти тир-сăран комбиначĕ | 106 |
| Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан çĕвĕ çĕлекен фабрика | 105 |
| Канашри çĕвĕ çĕлекен фабрика | 104 |
| Улатăрти çĕвĕ çĕлекен мастерской | 105 |
| Шупашкарти çĕвĕ çĕлекен 1-мĕш мастерской | 97 |
| Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ | 89 |
| Етĕрнери спирт завочĕ | 82 |
| Сĕнтĕрвăрринчи спирт завочĕ | 83 |
| Улатăрти махорка фабрики | 105 |
| Шупашкарти кондитерски фабрика | 103 |
| Шупашкарти макарон фабрики | 103 |
| Шупашкарти сăра завочĕ | 114 |
| Шупашкарти хĕрлĕ эрех тăвакан комбинат | 104 |
| Шупашкарти кирпĕч завочĕ | 99 |

| | Çулталăкри плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Ивановăри кирпĕч завочĕ | 99 |
| Улатăрти кирпĕч завочĕ | 73 |
| Çĕмĕрлери кирпĕч завочĕ | 95 |
| Енĕшпуçĕнчи кирпĕч завочĕ | 94 |
| Канашри моторсем юсакан завод | 129 |
| Çĕрпӳри автомобильсем юсакан завод | 112 |

Канашри вагонсем юсакан завод, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ, Çĕктерти вăрман комбиначĕ, Кирери рыблеспромкомбинат, Улатăрти çĕвĕ çĕлекен мастерской, Шупашкарти сăра завочĕ, Шупашкарти хĕрлĕ эрех тăвакан комбинат, Канашри моторсем юсакан завод тата ытти хăшпĕр предприятисем продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе тултарнă, анчах производство планне уйрăм изделисем тăрăх тултарман.

Уйрăм йышши япаласем туса кăлармалли плана мĕн чухлĕ тултарнине çак цифрăсем кăтартса параççĕ:

| | Çулталăкри плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Торф кăларнă | 111 |
| Торф турттарнă | 99 |
| Экстракт туса кăларнă | 104 |
| Дуст туса кăларнă | 100 |
| Вагонсем юсанă | 91 |
| Пăравуссем юсанă | 102 |
| Моторсем юсанă | 68 |
| Автомашинăсем юсанă | 102 |
| Контейнерсем туса кăларнă | 112 |
| Металран савăт-сапа туса кăларнă | 96 |
| Йывăç турттарса кăларнă | 94 |
| Вăл шутра ĕçе юрăхлă йывăç | 91 |
| Хăма çурса кăларнă | 106 |
| Стандартлă çуртсем туса кăларнă | 89 |
| Паркет | 88 |
| Йĕлтĕр | 132 |
| Урапа | 107 |
| Сĕтел-пукан | 99,5 |
| Кирпĕч | 88 |
| Черепица | 88 |
| Известь | 49 |
| Чул кăларнă | 47 |
| Шлакран блоксем туса кăларнă | 10 |
| Сăран атă-пушмак | 103 |
| Сăмата | 81 |
| Çĕр мамăк çиппи арласа кăларнă | 101 |
| Çĕр мамăк пир-авăр тĕртсе кăларнă | 104 |
| Чăлха-носки | 102 |
| Трикотаж изделийĕсем | 119 |
| Тесьма | 109 |
| Йĕтĕн сӳсĕ | 85 |
| Кантăр сӳсĕ | 53 |
| Çĕленĕ япаласем | 108 |
| Чемодан | 93 |
| Хуткупăс | 88 |
| Аш-какай | 62 |
| Колбаса | 120 |
| Пулă тытнă | 85 |
| Выльăх çăвĕ | 86 |
| Сыр | 103 |
| Ӳсентăран çăвĕ | 121 |
| Çăнăх | 96 |
| Макарон изделийĕсем | 104 |
| Крахмал | 87 |
| Çăкăр, булка | 119 |
| Патока | 114 |
| Кондитерски изделисем | 102 |
| Купăста тăварланă | 140 |
| Варени, повидло тата джем | 170 |
| Эрех | 90 |
| Хĕрлĕ эрех | 104 |
| Тасатман спирт | 82 |
| Сăра | 125 |
| Тутлă шывсем | 92 |
| Махорка | 105 |

Чăваш республикинчи промышленность (танлаштарма илнĕ предприятисем тăрăх) ĕç тухăçлăхне 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, 12 процент ӳстернĕ.

Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли 1955 çулхи плана пĕтĕмпе 104 процент тултарнă.

Нумай министерствăсем, ведомствăсем тата уйрăм предприятисем ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана тултарнă тата ирттерсе тултарнă. Çав вăхăтрах хăшпĕр предприятисем ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана тултарман. Вĕсен шутне, сăмахран, Куславккари çуртсем тăвакан завод, Вăрнарти завод, Етĕрнери спирт завочĕ, Çĕктерти вăрман комбиначĕ, Шупашкарти механизациленĕ вăрман пункчĕ, Вылари сӳс-кантăр завочĕ, Вăрмарти сĕтел-пукан фабрики, Енĕшпуçĕнчи кирпĕч завочĕ, Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод, Улатăрти йывăç япаласем тăвакан комбинат, Алтышвăри тата Кирери хăма çуракан заводсем кĕреççĕ. Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана çавăн пекех Аш-какай тресчĕн, Сĕт-çу тресчĕн тата Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕн предприятийĕсем тултарман.

## II. Ялхуçалăхĕ

1955 çулта республикăра, 1954 çулхипе танлаштарсан, ялхуçалăх культурисем акакан çĕр лаптăкĕ пĕтĕмпе 4 пин гектар ӳснĕ. Техникăллă культурăсем акакан çĕр лаптăкĕ 2 процент, çĕрулми лартакан çĕр лаптăкĕ—8 процент, выльăх апачĕ тума какан культурăсем акакан çĕр лаптăкĕ—7 процент ӳснĕ. Кукуруза 30 пин гектар акса тунă.

Республикăри колхозсем 1955 çулхи кĕрвуние кĕрхи тырăсем акмалли плана 5 процент ирттерсе тултарнă. Выльăхсем валли симĕс апат тума кĕрхи тырăсен 1954 çулхинчен 25 процент ытларах акнă.

1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчипе танлаштарсан, республикăра мĕнпур хуçалăхсенче майракаллă шултра выльăх 97 процент, ĕне—106 процент, сысна—80 процент, сурăх—104 процент, лаша—88 процент пулнă.

1955 çулта машина-трактор станцийĕсем хăйсен машинисемпе тата тракторĕсемпе çурхи тырăсен 94 процентне, кĕрхи тырăсен 99 процентне акнă, кĕрхи çĕртме 99,8 процент тунă, çĕрулми речĕсен 61 процентне кăпкалатнă, çĕрулми 33 процент лартнă. Тĕштырăсен 43 процентне комбайнсемпе пухса кĕртнĕ.

1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсем 15 процент ытларах тунă. 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, çĕрулми речĕсене кăпкалатасси 75 процент, çĕрулми кăларасси—63 процент, çĕрулми лартасси—52 процент, силос хывасси—46 процент, тĕштырăсем акасси—8 процент, кĕрхи çĕртме тăвасси—4 процент ӳснĕ. Анчах республикăри МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсене ытларах механизацилеме пулăшакан майсемпе тата резервсемпе тулли усă курман, трактор ĕçĕсен планне тултарайман.

МТС-сем колхозсен ĕçне механизацилемелли плана пĕтĕмпе 96 процент тултарнă. Комбайнсемпе тĕштырă пухса кĕртмелли плана 89 процент тултарнă. 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, выльăх-чĕрлĕх фермисене шыв парса тăрас ĕçе механизацилесси 2 хута яхăн, фермăсенчи транспорта механизацилесси—2 хут, ĕнесене шăварас ĕçе механизацилесси—3 хута яхăн ӳснĕ. Сĕтеклĕ апатсем хатĕрлес ĕçе механизацилемелли плана 132 процент, фермăсенчи транспорта механизацилемелли плана 118 процент, улăм вĕтетес тата çемçетес ĕçе механизацилемелли плана—99,9 процент, концентратсене вĕтетес ĕçе механизацилемелли плана — 87 процент, выльăх апачĕсене пăспа çемçетес ĕçе механизацилемелли плана—71 процент, электричество вăйĕпе сурăх çăмĕ илмелли плана—59 процент, фермăсене шыв парса тăрассине механизацилемелли плана—50 процент, ĕнесене электричество вăйĕпе сăвас плана—8 процент, майракаллă шултра выльăха шăварассине механизацилемелли плана—24 процент тултарнă.

Республикăри колхозсем садсем тумалли плана 104 процент, çырла сачĕсем тумалли плана—35 процент, хăмла ĕрчетмелли плана—80 процент тултарнă. Çĕнĕрен парник рамисем 12 пин, теплицăсем 2 пин тăваткал метр тунă.

Республикăри машина-трактор станцийĕсем капитальнăй строительство планне пурĕ 81 процент тултарнă. Пурăнмалли çуртсем планпа палăртнинчен 2 хут ытларах туса лартнă, ремонт мастерскойĕсем лартмалли плана—25 процент, комбайнсем лартмалли гаражсем тумалли плана—55 процент, тракторсем лартмалли гаражсем тумалли плана—89 процент, автомобильсем лартмалли гаражсем тумалли плана—67 процент тултарнă.

## III. Транспорт

РСФСР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствине пăхăнса тăракан «Чăвашавтотранспорт» тресчĕ грузсем турттармалли çулталăкри плана 98 процент, пассажирсем турттармалли плана—104 процент, грузсен çаврăнăш планне—91 процент тултарнă.

1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, автомобиль транспорчĕпе грузсем турттарасси 57 процент, пассажирсем турттарасси—44 процент, грузсен çаврăнăшĕ—86 процент ӳснĕ.

Етĕрнепе Сурск хушшинче чул сарса çул тумалли çулталăкри плана 100 процент, ахаль çулсене тĕпрен юсамалли çулталăкри плана—113 процент, чул сарнă çулсене тĕпрен юсамалли плана—104 процент тултарнă.

## IV. Капитальнăй строительство

1955 çулта государствăн капитальнăй строительство планне пурĕ 88 процент, вăл шутра пурăнмалли çуртсем тумалли плана—91 процент, шкулсем лартмалли плана—56 процент, больницăсемпе поликлиникăсем лартмалли плана—100,2 процент, ача сачĕсемпе яслисем лартмалли плана—55 процент тултарнă. Пурăнмалли çуртсем туса пĕтермелли çулталăкри плана 95 процент тултарнă.

Чăваш республикинчи подряднăй строительство организацийĕсем строительствăпа монтаж ĕçĕсен планне мĕн чухлĕ тултарнине çак цифрăсем кăтартса параççĕ:

| | Çулталăкри плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕ | 96 |
| «Чăвашстрой» трест | 100 |
| СССР Электротехника промышленность министерствин 2-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕ | 93 |
| «Росмясомолстрой» тресчĕн строительствăпа монтаж управленийĕ | 95 |
| «Мосбумдревстрой» тресчĕн 32-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕ | 74 |
| «Сельэлектростройăн» строительствăпа монтаж кантурĕ | 102 |
| «Водстройăн» строительствăпа монтаж кантурĕ | 97 |
| Çĕмĕрлери машинăсемпе çул тăвакан 50-мĕш станци | 88 |
| «Коммунэнергострой» тресчĕн 4-мĕш строительство управленийĕ | 75 |
| Чăвашсĕн радио кĕртекен строительствăпа монтаж участокĕ | 119 |
| Строительствăпа монтаж тăвакан поезд | 133 |

## V. Тавар çаврăнăшĕ

Чăваш республикинче 1955 çулхи тавар çаврăнăш планне пĕтĕмпе 99 процент, вăл шутра таварсене ваккăн сутмалли плана 98 процент, столовăйсенче апат çитермелли плана—101 процент тултарнă.

Тавар çаврăнăш планне (столовăйсемпе пĕрле) уйрăм суту-илӳ организацийĕсем мĕн чухлĕ тултарнине çак цифрăсем кăтартса параççĕ:

| | Çулталăкри плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Главунивермагăн Шупашкарти универмагĕ | 99,8 |
| Шупашкарти торг | 99 |
| Улатăрти торг | 92 |
| Çĕмĕрлери торг | 96 |
| Канашри суту-илӳ кантурĕ | 94 |
| Куславккари суту-илӳ кантурĕ | 94 |
| Атăл леш енчи суту-илӳ кантурĕ | 94 |
| Шупашкарти столовăйсен, ресторансен тата кафесен тресчĕ | 102 |
| РСФСР Вăрман промышленность министерствин Чăваш республикинчи УРС-ĕ | 103 |
| Хусан чугун çулĕн Канашри ОРС-ĕ | 92 |
| Чăвашкниготорг | 89 |
| Союзпечат | 111 |
| Чăвашпотребсоюз | 98 |

## VI. Культура строительстви тата халăх сывлăхне сыхласси

1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, вĕтам шкулсен хисепĕ 7 процент, 8—10-мĕш классенче вĕренекенсен хисепĕ—2 процент ӳснĕ. 10-мĕш классенчен, 1954 çулхипе танлаштарсан, 9 процент ытларах вĕрентсе кăларнă.

Республикăри институтсенче студентсен хисепĕ 3 процент, техникумсенче тата специальнăй ытти вĕтам шкулсенче студентсен хисепĕ 7 процент ӳснĕ.

1955 çулта аслă шкулсемпе специальнăй вĕтам шкулсенчен 2,2 пин çамрăк специалист вĕрентсе кăларнă.

Чăваш АССР Культура министерстви енĕпе библиотекăсемпе клубсен шучĕ ӳснĕ. 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, библиотекăсен шучĕ 17 процент ӳснĕ, вăл шутра ача библиотекисем — 41 процент, ялти библиотекăсем — 18 процент пĕлтĕрхинчен ытларах пулнă.

Халăха кино кăтартас ĕç чылай лайăхланнă. Кино сеансĕсем 1955 çулта 1954 çулхинчен 16 процент ытларах пулнă.

Республикăри больницăсенче койкăсен хисепĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 4 процент ӳснĕ.

Чăваш АССР Сывлăх министерстви ялани яслисенче ачасем пурăнмалли вырăнсене ӳстермелли плана 98 процент тултарнă.

1955 çулта республикăра пурĕ 22 пионер лагерĕ организациленĕ, çав лагерьсенче 6 пине яхăн ача канни.

*Чăваш АССР Статистика Управленийĕ.*

## „Республикăри чи лайăх доярка“ ятне илнисем





Укерчĕк çинче (сулахайран сылтăмалла): 1. Улатăр районĕнчи «Победа» колхозри доярка А. Н. Харитонова. Вăл 1955 çулта хăйне çирĕплетсе панă 11 ĕнерен 11 пăру илсе çитĕнтерне, 2.698-шар килограмм сĕт суса илнĕ. 2. Шупашкар районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозри доярка Е. И. Кириллова. Вăл иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 2.183-шер килограмм сĕт суса илнĕ. 3. Улатăр районĕнчи «Победа» колхозри доярка Л. Г. Балалаева. Вăл 1955 çулта кашни ĕнерен 2.336-шар килограмм сĕт суса илнĕ.

# Доярка юлташсем! Ĕнесенчен сĕт суса илессине пĕрмаях ӳстерсе пырăр! Малта пыракан дояркăсенчен пример илсе ĕçлĕр!

### 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне сĕт суса илнĕ

| Дояркăсен хушамачĕсем | Колхоз е совхоз | Район | Кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (литрпа) |
|---|---|---|---|
| 1. М. П. Петрова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 860 |
| 2. А. Н. Титова | Чăваш ялхуçалăх институчĕн вĕренӳ хуçалăхĕ | Ишлей | 833 |
| 3. Р. К. Кузьмина | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 818 |
| 4. З. А. Андреева | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 795 |
| 5. Л. И. Иванова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 781 |
| 6. З. П. Шахсева | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 762 |
| 7. Р. М. Люллина | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 741 |
| 8. А. В. Белкова | Чăваш государство лаша вити | Етĕрне | 740 |
| 9. А. С. Селиванова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 732 |
| 10. С. Л. Волкова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 732 |
| 11. Т. Ф. Филиппова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 730 |
| 12. А. И. Талаева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 724 |
| 13. А. Н. Абрамова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 721 |
| 14. Е. А. Антонова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 716 |
| 15. А. А. Александрова | Чăваш государство лаша вити | Етĕрне | 712 |
| 16. А. П. Чигитова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 708 |
| 17. П. И. Моргина | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 707 |
| 18. М. А. Мезейкина | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 705 |
| 19. А. И. Першуткина | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 698 |
| 20. Е. В. Руссова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 696 |
| 21. А. Н. Оленина | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 675 |
| 22. И. С. Медведева | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 659 |
| 23. Л. Е. Ефимова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 650 |
| 24. Н. М. Михайлова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 636 |
| 25. А. Н. Никандрова | Чăваш ялхуçалăх институчĕн вĕренӳ хуçалăхĕ | Ишлей | 635 |
| 26. М. Н. Степанова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 633 |
| 27. Ю. М. Ягудина | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 633 |
| 28. Н. Д. Димитриева | «Звезда» колхоз | Октябрьски | 626 |
| 29. Р. Г. Саликова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 606 |
| 30. Е. А. Анатольева | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 592 |
| 31. С. И. Сорокина | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 590 |
| 32. А. Г. Григорьева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 585 |
| 33. Ю. Я. Порфирьева | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 583 |
| 34. Г. В. Витальева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 581 |
| 35. Л. П. Старова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 580 |
| 36. Е. А. Влизурова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Чкаловски | 573 |
| 37. Т. Е. Емельянова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 571 |
| 38. С. П. Петрова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 570 |
| 39. К. В. Молчанова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 570 |
| 40. А. Т. Иванова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 559 |
| 41. А. И. Зайцева | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 559 |
| 42. М. Л. Федюкова | «Комбинат» колхоз | Çĕмĕрле | 544 |
| 43. П. А. Ванюкова | «Комбинат» колхоз | Çĕмĕрле | 543 |
| 44. В. Е. Егорова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 537 |
| 45. А. Н. Николаева | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 531 |
| 46. А. Ф. Филиппова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 530 |
| 47. Р. И. Манькова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 524 |
| 48. К. М. Белова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 523 |
| 49. М. П. Болотина | «Победа» колхоз | Çĕмĕрле | 522 |
| 50. Т. Н. Ожогина | «Победа» колхоз | Улатăр | 521 |
| 51. З. А. Алексеева | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 520 |
| 52. М. Ф. Чермакова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 512 |
| 53. Н. Г. Титова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 510 |
| 54. А. П. Назарова | «Победа» колхоз | Улатăр | 505 |
| 55. Л. И. Ильина | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 497 |
| 56. В. Н. Сугутская | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 497 |
| 57. Н. К. Блинова | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 494 |
| 58. О. А. Перепелкина | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 488 |
| 59. А. И. Игнатьева | «Правда» колхоз | Элĕк | 472 |
| 60. Т. Е. Ильина | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 472 |
| 61. Л. А. Шахсева | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 470 |
| 62. Е. Г. Блашенкова | «Путь Ильича» колхоз | Улатăр | 470 |
| 63. В. Е. Козлова | «Красная поляна» колхоз | Первомайски | 468 |
| 64. А. Денешкова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 467 |
| 65. Е. И. Ильина | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 467 |
| 66. К. Ф. Зубова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 466 |
| 67. К. Ф. Ильина | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 466 |
| 68. Т. Г. Силантьева | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 465 |
| 69. В. В. Хабарова | Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 465 |
| 70. М. Т. Соболева | «Звезда» колхоз | Октябрьски | 462 |
| 71. М. С. Сергеева | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 459 |
| 72. Р. М. Михайлова | «Правда» колхоз | Элĕк | 458 |
| 73. Е. И. Соколова | «Трактор» колхоз | Калинино | 458 |
| 74. М. Ф. Плешкова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 458 |
| 75. Н. В. Васильева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 455 |
| 76. С. И. Зайцева | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 454 |
| 77. Г. В. Степанова | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 451 |
| 78. Е. И. Иванова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 443 |
| 79. З. Ф. Феофанова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 442 |
| 80. А. С. Семенова | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 440 |
| 81. Р. П. Кузнецова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 440 |
| 82. А. Ф. Федорова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 439 |
| 83. Л. С. Горбунова | «Победа» колхоз | Çĕмĕрле | 434 |
| 84. Р. С. Крысина | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 433 |
| 85. Н. Н. Швецова | «Красный луч» колхоз | Улатăр | 433 |
| 86. Е. Т. Афеногентова | «Правда» колхоз | Элĕк | 432 |
| 87. А. П. Оборина | «Победа» колхоз | Çĕмĕрле | 428 |
| 88. Л. А. Мачкасина | «Победа» колхоз | Çĕмĕрле | 424 |
| 89. А. И. Майорова | Суворов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 423 |
| 90. А. С. Степанова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 422 |
| 91. М. Е. Чернова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | 422 |
| 92. В. Н. Матросова | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 420 |
| 93. Н. И. Кузовенкова | «Победа» колхоз | Улатăр | 416 |

(Малалли пулать).

## Ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутассине вăйлатмалла

Потребкоопераци умĕнче ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутассине организацилес тĕлĕшпе пысăк задачăсем тăраççĕ. Вĕсен хуласенче, рабочи поселоксенче пурăнакан çынсен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе комисси йĕркипе сутма ялхуçалăх продукчĕсем ытларах илсе тăмалла, çавăн пекех тата колхозсемпе колхозниксене хăйсене кирлинчен ытлашши ялхуçалăх продукчĕсене сутма пулăшмалла.

Пирĕн çĕршыври чылай хуласенче ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутасси анлăн сарăлнă. Комисси йĕркипе суту-илӳ туни хулари халăха апат-çимĕç таварĕсем çителĕклĕ сутса тăмалли тĕп çăлкуç пулса тăрать. Пирĕн республикăра та ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутасси çултан çулах сарăлса пырать. 1955 çулта комисси йĕркипе ялхуçалăх продукчĕсем 1954 çулхинчен икĕ хут ытларах сутнă. Чылай райпотребсоюзсем, сăмахран, Улатăр, Вăрнар, Вăрмар, Етĕрне райпотребсоюзĕсем, ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутма палăртнă плана ăнăçлăн тултарнă.

Çапах та республикăра 1955 çулта ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутассине кирлĕ пек йĕркелеймен. Шупашкар, Канаш, Çĕмĕрле хулисенче, Куславкка тата Йĕпреç районĕсенче комиссилле суту-илӳ çав-çавах халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерейместь-ха. Комисси йĕркипе суту-илӳ тăвакан магазинсенче час-часах купăста, кăшман, сухан, кишĕр, сĕт тата сĕт-çу продукчĕсем, çăнăх, кĕрпе таврашĕсем пулмаççĕ, çавăн пекех тата аш-какай та сахал сутаççĕ.

Çак продуктсемпе татти-сыпписĕр суту-илӳ тума республикăн пур майсем те пур. Чылай колхозсем иртнĕ çул пысăк тухăçлă пахча çимĕç тата тĕштырă туса илнĕ. Хăшпĕр колхозсенче халĕ сутмалăх сĕт-çу пур. Анчах та çак майсемпе туллин усă курмаççĕ. Чăвашпотребсоюз правленийĕ, Суту-илӳ министерстви тата ĕççынни депутачĕсен район тата хула Совечĕсем комисси йĕркипе суту-илӳ тăвас ĕçе тивĕçлипе ертсе пымаççĕ.

Чăвашпотребсоюз правленийĕ тата райпотребсоюз руководителĕсем комисси йĕркипе суту-илӳ тăвасси хăй тĕллĕн пулса пырасса шанаççĕ.

1955 çулхи декабрь уйăхĕнче КПСС обкомĕн бюровĕ республикăра комисси йĕркипе суту-илӳ тăвас ĕç мĕнле пулса пынине пăхса тухнă, суту-илĕве ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсене кăтартса панă, çак çитменлĕхсене пĕтермелли майсене палăртнă. Палăртнă мероприятисене пурнăçласси питĕ вăраха юлса пырать-ха. Комисси йĕркипе суту-илӳ тăвас ĕçе чылай райпотребсоюзсемпе ялпосене хутшăнтарман. 1955 çулта республикăри 30 райпотребсоюзран 13-шĕ, 95 ялпоран 27-шĕ кăна колхозсемпе колхозниксен ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутнă. Хăшпĕр райпотребсоюзсем комисси йĕркипе сутма продуктсем йĕчшăнаççĕ, анчах суту-илӳ ĕçне йĕркелемеççĕ. Вĕсен йĕркеллĕ суту-илӳ тума таварсен çирĕп ассортименчĕ çук, час-часах колхоз рынокĕнче пур продуктсемех потребкоопераци магазинĕсенче пулмаççĕ.

Чăвашпотребсоюз правленийĕ Шупашкар хулинчи кооперации суту-илĕвне япăх ертсе пырать, суту-илӳ ĕçне йĕркелеме вырăнти руководительсене начар пулăшать. Кооторг товар çаврăнăш планне тултарса пымасть: 1955 çулхи плана 77,2 процент кăна тултарнă. Кооперации магазинĕсенче çĕрулми, пахча çимĕç, сĕт-çу продукчĕсем, кĕрпе таврашĕсем сахал сутаççĕ. Кооторг директорĕ Токарев юлташ магазинсемпе лавккасене хĕллехи условисенче ĕçлеме хатĕрлесе çитермен, магазинри чӳречесен шалти рамисене лартман, алăксене, кăмакасене юсаман. Çавна пула ĕнтĕ кооторг хĕл касах шăпнă пахча çимĕç сутать. Çаксене пурне те шута илсе, çуллахи вăхăтра суту-илӳ тума халех хатĕрленме тытăнмалли паллă, анчах кунта çакна пачах шута илмеççĕ. Кăçал çулла кооторг аш-какайпа тата сĕт-çу продукчĕсемпе суту-илӳ тăвассине чылай ӳстерме палăртнă. Çавăнпа складсем, прилавкăсем тăвас, час пăсăлакан продуктсене аякри районсенчен турттарса килме условисем туса хатĕрлес тĕлĕшпе халех тăрăшмалла. Шел пулин те, Шупашкар хулинчи кооторгра тата Чăвашпотребсоюзра кун пирки шутламаççĕ те.

Комисси йĕркипе сутма ăнсăртран пырса тăракан продуктсене йышăнни кооторг ĕçĕнчи пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Кооторгăн мĕнпур райпотребсоюзсемпе яланах тачă çыхăну тытмалла. Райпотребсоюзсен вара колхозсенчен комисси йĕркипе сутма илнĕ апат-çимĕç продукчĕсене яланах кооторга парса тăмалла. Анчах та кооторг райпотребсоюзсемпе кирлĕ пек çыхăну тытмасть. 1955 çулта кооторг ĕçне пĕр Сĕнтĕр райпотребсоюзĕ кăна хутшăннă. Кооторг, колхозсемпе çыхăну тытман пирки, час-часах магазинсем валли продуктсене пасартан, хăш чухне спекулянтсенчен те илет. Çакăн пек уйрăмах Вăрмар тата Сĕнтĕрвăрри райпотребсоюзĕсем тăваççĕ.

Комисси йĕркипе суту-илӳ тăвас ĕçри çитменлĕхсемшĕн ĕççынни депутачĕсен район Совечĕсен исполкомĕсемпе вĕсен суту-илӳ пайĕсем те айăплă. Вĕсем райпотребсоюзсен, ялпосен ĕçĕсене тĕрĕслесе тăмаççĕ, вĕсене ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутассине лайăхлатма хистемеççĕ. Урăх нимĕнле сăлтавпа та мар, Çĕмĕрле райпотребсоюз правленийĕн председателĕ Шанин юлташ тăрăшманнине тата çакăнпа ĕççынни депутачĕсен райсовет исполкомĕ килĕшсе ларнине пула кăна ĕнтĕ хулара ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутас ĕçе йĕркелемен. Иртнĕ çулхи ноябрьпе декабрь уйăхĕсенче комисси йĕркипе суту-илӳ тăвакан магазинсем мĕн пурĕ те аш-какай тата пыл кăна сутнă. Кунта пахча çимĕç, çĕрулми, сĕт-çу продукчĕсем пачах сутмаççĕ. Райпотребсоюзăн суту-илĕве аталантарма пур майсем те пулнă, вăл 1955 çулта комисси йĕркипе суту-илӳ тумалли плана тултарайман.

1956 çулта потребкооперацин халăха ялхуçалăх продукчĕсем 1955 çулхинчен икĕ хут ытларах сутмалла пулать. Çак ĕçе ăнăçлăн пурнăçлас тесен, комисси йĕркипе суту-илӳ тăвас ĕçе мĕнпур ялпосемпе райпотребсоюзсене хутшăнтармалла, суту-илӳри çитменлĕхсене хирĕç татăклăн кĕрешмелле. Колхоз правленийĕсене тата колхозниксене комисси йĕркипе суту-илӳ туни вĕсене пысăк усă кӳни çинчен ăнлантарса памалла. Колхозсенчен апат-çимĕç продукчĕсем илессине анлăн сарса пымалла. Ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутассине лайăхлатса пырас тĕллевпе правительство потребкооперацие сĕт-çу продукчĕсене çу завочĕсем урлă илме ирĕк панă. Колхозсемпе колхозниксем Аш-какайпа сĕт-çу промышленность министерствине пăхăнса тăракан çу завочĕсене сĕт парса тăраççĕ, потребкоопераци вара сĕт-çу продукчĕсене комисси йĕркипе сутма çу заводĕнчен илсе тăрать. Çавăнпа усă курса, потребкоопераци республикăри мĕнпур хуласемпе рабочи поселоксенче сĕт-çу продукчĕсем сутас ĕçе халех ĕнтĕ чылай лайăхлатма пултарать. Ĕçĕн ăнăçлăхĕ Чăвашпотребсоюз тата райпотребсоюзсемпе ялпосем колхозсемпе, колхозниксемпе тĕплĕн калаçса татăлнинчен килет.

Пирĕн республикăра ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутассине лайăхлатса пынин пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. Çак ĕçе лайăх йĕркелени хулари ĕççыннисем валли çĕршер тонна кирлĕ продуктсем кӳрсе килме май парать. Республикăра ялхуçалăх продукчĕсене комисси йĕркипе сутассине лайăхлатса пыни республикăри потребкооперацин мĕнпур организацийĕсен чыслă тивĕçĕ пулса тăрать.

Çак пысăк ĕçре потребкооперацие республикăри мĕнпур районсенчи парти тата совет организацийĕсен пулăшса тăмалла.

**А. ВИНОКУРОВ.**

*Редакцие килнĕ çырусем*

## Пирĕн завод нушисем

Пирĕн завод хăйĕн хальхи оборудованин чылай пысăк пайне «Труженик» промартельтен илнĕ. 1945—1946 çулсенче çав оборудованин пĕр пайне кăштах çĕнетнĕ. Çапла ĕнтĕ, заводри оборудовани кивеннĕ, ăна час-часах юсама тивет.

Инженерсемпе техниксем тата рационализаторсем пулăшнипе ĕçре тĕл пулакан йывăрлăхсене пĕтерсе пыратпăр. Сăмахран, 1953 çулта комбайнсем валли çаврака детальсем туса кăларма задани илтĕмĕр. Анчах вĕсене тума станоксем пулман. М. Клячкинпа Е. Иванов юлташсем вырăнтах станок туса хатĕрлеме май тупрĕç. Çапла вара, задание пурнăçлама пултартăмăр.

Юлашки çулсенче пысăкрах та пысăкрах заданисем параççĕ. Сăмахран, пĕлтĕр, 1954 çулхипе танлаштарсан, комбайн деталĕсем тăвасси 300 процент ӳсрĕ. Çав вăхăтрах асăннă детальсене туса кăларнă çĕрте усă куракан станоксен хисепĕ нимĕн чухлĕ те нумайланмарĕ. Çак йывăрлăха çĕнтерме çамрăк инженер В. Березнев юлташ пулăшрĕ. Вăл комбайн деталĕсем туса кăларма çĕнĕ технологи хатĕрлерĕ. Березнев юлташ ертсе пынипе детальсене пĕр станок патĕнчен теприн патне илсе пыма транспортер тунă. Станоксене транспортерăн икĕ енĕпе лартса тухнă. Производствăра пулакан каяшсене цехран илсе кăларма икĕ пĕчĕк транспортер вырнаçтарса лартнă. Çакă вăл детальсене пĕр станок патĕнчен теприн патне илсе пырассине çăмăллатма, производство культурине лайăхлатма тата, унчченхипе танлаштарсан, çав оборудованипех, производство лаптăкне ӳстермесĕрех тата çавăн чухлĕ ĕç вăйĕнех продукци туса кăларассине икĕ хут ӳстерме май пачĕ.

Пирĕн заводри оборудовани кивĕ терĕмĕр. Çавна пула пысăк йывăрлăхсем тӳсме тивет. Ун çинчен РСФСР Ялхуçалăх министерствин предприятийĕсене юсас тĕлĕшпе ĕçлекен главнăй управленийĕ лайăх пĕлет. Эпир темиçе хутчен те çĕнĕ оборудовани пама ыйтрăмăр. Анчах асăннă управлени завод ыйтăвĕсене шута илмест. Çавна пула ĕнтĕ завод юлашки 9 çул хушшинче йывăç касналакан пĕр станок та илме пултараймарĕ.

Хăма çуракан рамăсем кивелнине шута илсе, завод «ЛР-55» йышши икĕ рама пама ыйтнăччĕ. Управлени çак ыйту çине те çиелтен пăхрĕ: эпир ыйтнине парас вырăнне «РД-75-1» йышши пĕр рама пачĕ. Ăна вырнаçтарса лартма икĕ хутлă çурт кирлĕ, анчах çак ĕçе тума укçа-тенкĕ уйăрса памаççĕ. Çавна пула çĕнĕ рама ахалех выртать.

Сăмах майĕн цехсен çурчĕсем çинчен те каламалла. Пĕрремĕш цехăн çурчĕсене тунăранпа 20 çул çитет ĕнтĕ. Вĕсене йывăçран, вăхăтлăха çеç тунă пулнă. Вĕсем йăтăнса анас патнех çитнĕ. Тăваттăмĕшпе улттăмĕш цехсен çурчĕсем пирки те çавнах каламалла. Склад çурчĕсем пĕчĕк. Çавна пула хаклă материалсене уйкартишĕнче усрама тивет.

Энергетика бази завод нушисене 60 процент чухлĕ те тивĕçтерме пултараймасть. Производствăра усă курма тата цехсене ăшăтма кашни сехетре 5 тоннăна яхăн пăс кирлĕ. Апла пулин те халĕ ĕçлекен хурансем сехетне 3 тоннăна яхăн кăна пăс пама пултараççĕ. Завода локомобиль тата пăс хуранĕ илсе килнĕ. Вĕсем çур çул ытла ĕнтĕ ахалех лараççĕ. Ку оборудование вырнаçтарса ĕçе яни энергетика хăватне чылай вăйлатма май панă пулĕччĕ.

Завод нушисем çинчен КПСС Çĕмĕрле райкомĕпе КПСС обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕ лайăх пĕлеççĕ. Анчах вĕсем те завода тивĕçлипе пулăшмаççĕ.

**И. ПРОНИН.**

Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан заводри завком председателĕн заместителĕ.

## Ĕçлеве хӳтĕлес пирки кăларнă законсене çирĕп пурнăçлани кирлĕ

Ĕçлеве хӳтĕлени работниксен сывлăхне производствăри сиенлĕхсемпе ăнсăртран пулакан инкексенчен сыхлама, ĕç условийĕсене лайăхлатма май парать. Ĕçлеме лайăх услови пур чухне ĕçĕн тухăçлăхĕ те пысăк пулать.

Пирĕн çĕршывра производствăна техника тĕлĕшĕнчен лайăхлатассишĕн, ĕçе пур енĕпе те механизацилессишĕн, ĕç условийĕсене çăмăллатса тата лайăхлатса пырассишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ. Çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртессине, ĕçе механизацилессине хакламанни, ĕç вăйĕсемпе тĕрĕс усă курманни пулмалла мар.

Анчах «Чăвашвăрман» трестĕн предприятийĕсенче тата Чăваш АССР-ĕнчи МТС-сенче ĕçлеве хӳтĕленине тата техника хăрушсăрлăхне мĕнле пăхăнса ĕçленине тĕрĕсленĕ хыççăн, ĕçлев пирки кăларнă законсене пăснă фактсем пуррине палăртнă.

Çĕмĕрлери вăрманпромхозра, Кире тата Алтышево вăрман завочĕсенче тата чылай МТС-сенче ĕçлев пирки кăларнă законсене пăсаççĕ: администрацисем хăйсен ирĕкĕпех ĕç кунĕсен тăршшĕне тăсаççĕ, çул çитмен рабочисене каçхи сменăсенче ĕçлеттереççĕ тата ытти те.

Сăр çывăхĕнчи ансăр чугун çул çинче Ермишин кондуктор 1955 çулта пĕр улшăнмасăр 40-шер сехет е унтан та ытларах ĕçленĕ, çав вăхăтрах сменăран ытлашши ĕçленĕшĕн ăна ĕç укçи тӳлемен. Вăрнарти вăрманпромхозра 100 рабочи ытла законпа пăхнă ĕç вăхăтĕнчен нумайрах ĕçленĕ. Элĕк МТС-ĕн машинисчĕ Никифоров ялан тенĕ пекех палăртнă ĕç вăхăтĕнчен ытлашши ĕçленĕ. Етĕрне МТС-ĕн директорĕ те хăшпĕр рабочисене ĕç вăхăтĕнчен юлса ĕçлемелле тунă. Кун пек тĕслĕхсем тата та нумай илсе кăтартма пулать.

Çакна палăртса хăвармалла: çак çулте асăннă предприятисемпе МТС-сен директорĕсем хăшпĕр рабочисен ĕç кунĕсене вăрăмлатас ыйтăва профсоюз обкомĕсем умне лартман, ун çинчен вĕсемпе калаççа татăлман. Профсоюз обкомĕсем «Чăвашвăрман» трестĕн чылай предприятийĕсемпе МТС-сем ĕç пирки кăларнă закона пăсни çинчен, рабочисене ĕç кунĕ вĕçленнĕ хыççăн хăварса ĕçлеттерни çинчен пĕлнĕ, анчах та ĕçлеве хӳтĕлес пирки кăларнă законсене пăсакансем тĕлĕшпе нимĕнле мерăсем те йышăнман.

Кире вăрман заводĕнче çул çитмен рабочисем 16 çын тата Алтышево вăрман заводĕнче çул çитмен рабочисем 9 çын ытти çынсемпе пĕр танах каçхи сменăра ĕçленĕ.

Кире вăрман завочĕн директорне Маненков юлташа çул çитмен рабочисене каçхи сменăра ĕçлеттерсе ĕçлев пирки кăларнă закона пăсни çинчен асăрхаттарсан, вăл çак 16 рабочие ĕçрен кăларасси çинчен пĕлтернĕ.

Ача çуртĕнчен производствăна ĕçлеме кусnă 15 çулхи Доманин Кире вăрманпромхозĕн электростанцийĕнче слесарь-ученик пулса талăкра 12-шер сехет е унтан та ытларах пĕр улшăнмасăр ĕçленĕ, çитменнине тата ăна канмалли кунсем те паман. Доманин хăй ĕçлекен участок начальникĕнчен Порфирьевран ĕç кунне кĕскетме ыйтсан, çак чунсăр начальник Доманина, производствăра хулиганла ĕç тунă тесе, ĕçрен кăларса янă.

Йĕпресри вăрманпромхозра йывăр ĕçсенче, сăмахран, çурман йывăççене пĕренесем турттаракан машинăсем çине йăтса хунă çĕрте хĕрарăмсене те ĕçлеттернĕ. Çапла вара вăрманпромхоз администрацийĕ йывăр ĕçре хĕрарăмсене ĕçлеттерме чаракан закона пăснă.

«Чăвашвăрман» трестĕн мĕнпур предприятийĕсенче тата МТС-сенче рабочисене хăрушсăрлăх меслечĕсем çинчен ăнлантарса парас ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен.

Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнче техника хăрушсăрлăхĕн правилисене пăхăнмасăр, курăс тăвакан цехри станока техникăпа хăрушсăрлăх тĕлĕшĕнчен инженер тĕрĕслемесĕрех тата комисси йышăнмасăрах ĕçе янă. Çак цеха ĕçлеме 1938 çулта çуралнă Голованов рабочие илнĕ. Ăна çак машинăпа мĕнле ĕçлемелли çинчен ăнлантарса та паман. Паллах, çакă çамрăк рабочие инкек патне илсе пыма пултарнă.

Вăрман промышленноçĕн чылай предприятийĕсемпе МТС-сенче рабочисене хăрушсăрлăх техникине палăртнă программа тăрăх вĕрентес тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Ун вырăнне рабочисене 10—15 минут хушшинчех ниме тăман инструктаж параççĕ, хăш чухне тата çавăн пек инструктажа кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче ирттереççĕ.

«Чăвашвăрман» трестĕн тата вăрман промышленность предприятийĕсен инженерĕсем, Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин тата МТС-сен инженерĕсем çавăн пек инструктаж парассине хăйсене чăрмав кӳрекен ĕç вырăнне хураççĕ, ăна закон хушнă пек туса пымаççĕ.

Пирĕн промышленность çĕнĕрен те çĕнĕ машинăсемпе пуянланса пырать, кадрсем çак çĕнĕ техникăпа ĕçлеме ăнăçлăн вĕренсе пыраççĕ, ĕç тухăçлăхне ӳстереççĕ. Рабочисене çĕнĕ техникăпа ĕçлемелли хăрушсăрлăх меслечĕсем çинчен, çĕнĕ машинăсемпе мĕнле ĕçлемелли çинчен вăхăтра ăнлантарса памалла.

**Е. ПАТЕЕВ.**

Чăваш АССР прокурорĕн помощникĕ.

## Ача садĕнче тивĕçлĕ йĕрке пултăр

Октябрьски район центрĕнче 20 ача вырнаçмалăх ача сачĕ пур. Ăна тытса тăма иртнĕ çул бюджетран 69.200 тенкĕ укçа уйăрса панă. Ача сачĕн ĕçне тишкерсе тухнă хыççăн кунта государство панă укçапа тĕрĕс усă курманни палăрчĕ. Тĕрлĕ инвентарь туянмалли 3.700 тенкĕ укçаран пĕр пусне те расходламан. Çав вăхăтрах ачасене вылямалли теттесем сахал. 20 ача валли пурĕ те 8 койка кăна лартса панă, çавăнпа вĕсене кăнтăрла кантармаççĕ. Вырăн таврашĕсемпе алшăллисем çителĕксĕр, тăватă ĕçлекенĕн пурĕ те икĕ халат çеç.

Иртнĕ çул ача сачĕн çуртне юсатпăр тесе висĕ уйăх хупса тăнă. Юсав ĕçĕсене йĕркеллĕ туман: чӳречисене сĕрмен, çĕмрĕк кантăкĕсене лартман. Халĕ ĕнтĕ пӳлĕмри стенасем вырăнĕ-вырăнĕпе пăрланса тăраççĕ, коридорта çил вашлаттарать.

Кунта ачасене тутлă апат пĕçерсе çитермеççĕ. Çулталăк хушшинче ачасене апат-çимĕç кашни кун нормăран 64 пуслăх сахалтарах парса пынă. Ача сачĕн заведующийĕ Е. Ефремова аш-какай, çĕрулми тата ытти апат-çимĕç продукчĕсене кĕркуннехи вăхăтра хатĕрлемен, паянхи куна нимĕнле продуктсем те çук. Ку тĕлĕшпе районти суту-илӳ организацийĕсем те тăрăшмаççĕ, ача садне висĕ уйăх ĕнтĕ пĕр килограмм кĕрпе те, усламçу та, сĕт те паман.

Садри воспитанниксем пурте тенĕ пекех 3—4 çулхи ачасем, вĕсем вырăсла пĕлмеççĕ. Анчах темшĕн чăвашла пĕр сăмах та пĕлмен Г. Молеевăна воспитательница туса хунă. Çитменнине тата вăл педагогика енĕпе нимĕн чухлĕ те вĕренмен.

Çак çитменлĕхсем ачасен ашшĕ-амăшĕсене сахал мар кӳрентереççĕ. Райсовет исполкомĕ ача сачĕпе сахал интересленет.

**Г. ВОРОБЬЕВ.**



Польша Халӑх Республикинче. Шоматулахри госсельхоз мастерскойӗнчи юсав ӗҫӗсене тӑвакан коллектив ҫуракине ирттерме кирлӗ ялхуҫалӑх машинисемпе тракторсене пурне те февраль уйӑхӗччен юсаса ҫитерме обязательство илнӗ.

Ӳкерчӗк ҫинче: Юзеф Станиславский бригадирпа Кмицейск слесарь-ремонтник трактора юсаҫҫӗ.

Кондраций фотоӳкерчӗкӗ, Польшӑн Центральнӑй фотоагентстви.
(ТАСС фотохроники).

# Финлянди влаҫӗсем Порккала-Удд территорине пӑхса ҫӳрени

ХЕЛЬСИНКИ, январӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Совет Союзӗ Порккала-Удд территорийӗпе тинӗс-ҫар бази вырӑнне усӑ курмалли хӑйӗн правине пӑрахӑҫлани тата совет хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсене ҫав территорирен илсе тухасси ҫинчен 1955 ҫулхи сентябрӗн 19-мӗшӗнче тунӑ килӗшӳ тӑрӑх ӗнер Порккала-Удд территорине тата унти пурлӑха Финлянди государствине панӑ.

Ирхине 10 сехет тӗлне Порккала-Удд чиккине Финлянди представителӗсем: Премьер-Министр У. Кекконен, Ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ И. Виролайнен, Оборона министрӗ Э. Скуг, Шалти ӗҫсен министрӗ В. Кякеля, Юстици министрӗ В. Хенрикссон, Ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерствин статс-секретарӗ Р. Сеппяля, Ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерствин пӗр пайӗн начальникӗ Р. Энжель, Порккала-Удд территорине вӑхӑтлӑха тытса тӑрас тӗлӗшпе ӗҫлекен комитет председателӗ К. Ваала генерал-майор, Суту-илӳпе промышленность министерствин представителӗ С. Сундман адмирал, генеральнӑй штаб представителӗ Е. Рошер генерал-майор тата ыттисем пырса ҫитеҫҫӗ. Унта тата ССР Союзӗн Финляндири посолӗ В. З. Лебедев пырса ҫитет. Вӗсене Порккала-Удд тинӗс-ҫар базин командующийӗ С. И. Кабанов генерал-лейтенант кӗтсе илет.

Территорие паракан С. И. Кабанов генерал-лейтенант тата территорие йышӑнакан К. Ваала генерал-майор пӗррремӗш машина ҫине ларсӗ те территори тӑрӑх шалалла каяҫҫӗ. Вӗсем хыҫҫӑн ытти машинӑсем пыраҫҫӗ. Порккала-Удд территорине тата унта Совет Союзӗ тӑва илнӗ хыҫҫӑн туса лартнӑ сооруженисене пӑхса ҫӳреме пуҫлаҫҫӗ. Пуринчен малтан совет ҫыннисем тунӑ аэродромра чарӑнаҫҫӗ. С. И. Кабанов генерал-лейтенант Финлянди представителӗсене ҫак аэродрома совет ҫыннисем ӗлӗк лачака пулнӑ вырӑнта тунии ҫинчен каласа парать. Шыва типӗтме тата ҫӗрӗн ҫиелти сийне хытарма унта ятарласах трубасем хывма, 40 пин кубометр чул сарма тивнӗ. Аэродром патӗнче капонирсем пур.

Унтан автомашинӑсен колонни ҫӗр айӗнчи склад умӗнче чарӑнать. Склада гранитлӑ сӑрта чавса унӑн ӑшӗнче тунӑ. Ку вӑл—Совет Союзӗ Финляндие пӗр тӳлевсӗрех паракан пысӑк сооруженисенчен пӗри. Склада 120 вагон вырнаҫать. Ӑна ӑшӑтма калориферӑй система тунӑ, ҫутатма электричество кӗртнӗ.

Порккала-Удд территорийӗнче Совет Союзӗ туса лартнӑ объектсем пӗрин хыҫҫӑн тепри иртсе юлаҫҫӗ. Складра ҫӗр айӗнчи дизеллӗ электростанци пур. Унӑн лаптӑкӗ—2.500 тӑваткал метр.

Акӑ, Ботвик районӗ. Кунта залив хӗрринче питӗ лайӑх пирс тунӑ. Ун ҫумне тинӗс пӑрахучӗсем те пырса тӑма пултараҫҫӗ. Территори тӑрӑх иртсе пыракан чугун ҫул патӗнчен унта чугун ҫул юппи хывнӑ. Хельсинки патне пӑр пырса капланнӑ вӑхӑтра ҫакӑнта грузсем пушатма тинӗс суднисем ирӗклӗнех кӗме пултараҫҫӗ.

Финлянди представителӗсем вӑтам шкул ҫуртне, ун патӗнче учительсене пурӑнма тунӑ ҫуртсене пӑхса тухнӑ, кирпӗчрен тунӑ ҫичӗ корпусран тӑракан больница городокӗнче тата пӗтӗмпех Финлянди государстви аллине куҫакан ытти ҫуртсенче пулнӑ.

Территорие пӑхса ҫӳренӗ хыҫҫӑн С. И. Кабанов генерал-лейтенант Финлянди представителӗсем валли йышӑну туса ирттернӗ. Территорие пӑхса ҫӳренӗ ҫынсем туслӑ калаҫу вӑхӑтӗнче хӑйсен шухӑшӗсене каласа панӑ. Оборона министрӗ Э. Скуг ҫакна палӑртнӑ: Порккала-Удд территорине Финляндие пани Совет Союзӗпе Финлянди халӑхӗсен туслӑхне ҫирӗплетӗ, тенӗ. Министр Совет Ҫарӗшӗн тост ҫӗклеме сӗннӗ.

Финлянди енӗн чугун ҫул влаҫӗсем Порккала-Удд урлӑ иртсе пыракан чугун ҫулпа паллашнӑ, станцие тата чугун ҫулӑн ытти сооруженийӗсене пӑхса тухнӑ.

Порккала-Удд территорине тата унти пӗтӗм пурлӑха Финляндие пани ҫинчен калакан протокол ҫине январӗн 26-мӗшӗнче алӑ пусаҫҫӗ.

## В. М. Молотов, Г. К. Жуков тата И. С. Конев Чехословаки Республикин Президенчӗ Антонин Запотоцкий патӗнче пулни

ПРАГА, январӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Чехословаки Республикин Президенчӗ А. Запотоцкий СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗн Пӗррремӗш Заместительне тата Ют ҫӗршыв Ӗҫӗсен Министрне В. М. Молотова, СССР Оборона Министрне Совет Союзӗн Маршалне Г. К. Жукова тата Варшавӑра тунӑ договор ҫине алӑ пуснӑ государствӑсем уйӑрса панӑ Пӗрлештернӗ хӗҫпӑшаллӑ вӑйсен Главнокомандующине Совет Союзӗн Маршалне И. С. Конева йышӑннӑ. Вӗсем Прагӑна пӗр-пӗринпе туслӑ пурӑнасси, тачӑ ҫыхӑнса ӗҫлесси тата пӗр-пӗрне пулӑшасси ҫинчен Варшавӑра тунӑ договора хутшӑннӑ ҫӗршывсен Политикӑлла Консультаци Комитечӗн ларӑвне хутшӑнма ынӑ.

Йышӑнура Чехословаки Республикин Премьер-Министрӗ В. Широкий, Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Пӗррремӗш секретарӗ А. Новотнӑй, ҫавӑн пекех Чехословаки Республикин Ют ҫӗршыв Ӗҫӗсен Министрӗ В. Давид тата ССР Союзӗн Чехословакири Посолӗ Н. Т. Гришин пулнӑ.

Йышӑну ӑшӑ кӑмӑлпа, туслӑн иртнӗ.

## БОЛГАРИРЕ Н. А. БУЛГАНИНПА Н. С. ХРУЩЕВ САМАХӖСЕН СБОРНИКНЕ ПИЧЕТЛЕСЕ КӐЛАРНА

СОФИЯ, январӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Болгарири Коммунистсен партийӗн издательстви Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Индире, Бирмӑра, Афганистанра тата СССР Верховнӑй Совечӗн тӑваттӑмӗш сессийӗнче тухса каланӑ сӑмахсепе сборник туса пичетлесе кӑларнӑ.

## ССР СОЮЗӖН США-ри ПОСОЛӖ ЭЙЗЕНХАУЭР ПРЕЗИДЕНТ ПАТӖНЧЕ ПУЛНА

ВАШИНГТОН, январӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Январӗн 25-мӗшӗнче ССР Союзӗн США-ри посолӗ Г. Н. Зарубин Шурӑ ҫуртра (президент резиденцийӗ) пулнӑ, унта ӑна США президенчӗ Эйзенхауэр йышӑннӑ. Г. Н. Зарубин США президентне СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Н. А. Булганин янӑ посланине панӑ.

Н. А. Булганин США президенчӗ патне янӑ ҫӗнӗ послани Вашингтонри корреспондентсене ҫав тери интереслентерет. Вашингтонра кӑнтӑрла тухнӑ хаҫатсем Эйзенхауэра послани панипе ҫыхӑннӑ пӗлтерӳсене лайӑх курӑнакан вырӑнта пичетлесе кӑларнӑ.

Г. Н. Зарубин Эйзенхауэр патӗнче пулнӑ хыҫҫӑн Шурӑ ҫурт ҫакӑн пек официальнӑй заявлени пичетлесе кӑларнӑ: «Женевӑри канашлу пулса иртнӗренпе президентпа Булганин премьер пӗр-пӗрин патне тӑтӑшах ҫыраҫҫӗ. Паян ирхине Совет посолӗ премьерӑн туслӑн ҫырнӑ ҫырӑвне пырса панӑ, пӗтӗм тӗнчери миро ҫирӗплетме пулӑшас шутпа премьер президентран ҫав ҫырури шухӑшсене тӗпчесе вӗренме ыйтнӑ».

## ПӖРЛЕШӲЛЛӖ ШТАТСЕМ ФЕДЕРАЛЬНАЙ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИНЕ ҪАР КАРАПӖСЕМ ПАРАҪҪӖ

НЬЮ-ЙОРК, январӗн 26-мӗшӗ. (ТАСС). «Ньюсуик» журнал ҫапла пӗлтерет: Федеральнӑй Германи Республикин тинӗс-ҫар флотне Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсем пулӑшнипе туса хураҫҫӗ. Вӗсем ӑна ҫывӑх вӑхӑтрах 4 эсминец параҫҫӗ. Журнал пӗлтернӗ тӑрӑх, Федеральнӑй Германи Республикин правительстви 12 эсминец ыйтать.

# Китай промышленноҫӗн аталанӑвӗ

ПЕКИН, январӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Китай Халӑх Республикин машинӑсем тӑвакан ҫамрӑк промышленноҫӗ ӑнӑҫлӑ аталанса пырать. Китайри машинӑсем тӑвакан промышленность икӗ пине яхӑн ҫӗнӗ йышши продукци туса кӑларма тытӑннӑ. Халӗ унта ҫитмӗл тӗрлӗ ҫӗнӗ йышши станоксем, геологилле разведка ӗҫӗсем валли, ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларас тата турттарас ӗҫсем валли кирлӗ техника туса кӑлараҫҫӗ. Ӗҫре тӗрӗслесе сӑнама малтанхи комбайнсем туса кӑларнӑ.

Иртнӗ ҫул Китайра 6 пин киловатт хӑватлӑ теплоэлектростанци валли кирлӗ оборудованин пӗррремӗш комплектне туса хатӗрленӗ. Халӗ Аньшань комбинатӗнче тӑвакан ҫӗнӗ домна кӑмаки валли оборудовавие, тӗпрен илсен, Китайрах туса хатӗрлеҫҫӗ.

Пилӗкҫуллӑхӑн юнашки икӗ ҫулӗнче Китайри машинӑсем тӑвакан промышленноҫӑн ҫӗнӗ йышши 1.500 продукци, ҫав шутра домна кӑмакисем валли оборудовани, груз турттармалли автомобильсем, ҫӑмӑл тракторсем тата ытти машинӑсем туса кӑларма тытӑнмалла.

Пӗррремӗш пилӗк ҫуллӑх плана пурнӑҫласа пынӑҫемӗн машинӑсем тӑвакан 80 пысӑк завод, ҫав шутра автомобиль тата трактор завочӗсем, йывӑр машинӑсем тӑвакан икӗ завод, ҫавӑн пекех электростанцисем валли оборудовани туса кӑларакан, пневматически инструментсем, виҫмелли приборсем тата станок оборудованийӗ тӑвакан заводсем лартаҫҫӗ.

## *Китай Халӑх Республикин ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерствин заявленийӗ*

ПЕКИН, январӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Китайпа Америка хушшинче Женевӑра пыракан калаҫусем пирки паян Китай Халӑх Республикин ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерстви заявлени пичетлесе кӑларнӑ. Пӗрлешӳллӗ Штатсем, тенӗ заявленире, ҫакӑн пек требовани лартма хӑтланаҫҫӗ: пӗр-пӗрин гражданӗсене хӑйсен тӑван ҫӗршывӗсене таврӑнма май парасси ҫинчен 1955 ҫулхи сентябрӗн 10-мӗшӗнче тунӑ килӗшӗве Китай Халӑх Республикин кӑна пурнӑҫламалла, упӑн Тайвапе американецсем оккупацилепипе тата Китайӑн шалти ӗҫӗсене хутшӑннипе килӗшмелле, теҫҫӗ. Ҫакӑн пек требовани лартма хӑтланни нихҫан та ӑнӑҫлӑ пулас ҫук. Пӗрлешӳллӗ Штатсем ҫак требованисене йышӑнтарма малашне те тӑрӑшсан, Китайпа Америка хушшинчи калаҫусене вӑраха тӑсса пырсан, тенӗ заявленире, вӗсем ҫакна пула тухса тӑракан мӗнпур ӗҫсемшӗн ответлӑха хӑйсем ҫине илӗҫ.

# Францин Наци пухӑвӗнче

ПАРИЖ, январӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер чи ватӑ депутат Марсель Кашен председатель пулса ертсе пынипе Францин Наци пухӑвӗн ларӑвӗ уҫӑлнӑ. Унта ҫак палатӑн председательне суйлас тӗлӗшпе ӗҫленӗ.

Ҫак вырӑна суйлама 4 кандидат тӑратнӑ, вӑл шутра—коммунист Марсель Кашен, социалист Ле Трокер, МРП («республикӑшӑн тӑракан халӑх юхӑмӗ») партийӗн членӗ Шнейтер тата пужадист Рюж. Наци пухӑвӗн председательне суйлас тӗлӗшпе пӗррремӗш е иккӗмӗш хут сасӑланӑ чухне кандидатшӑн депутатсен чи пысӑк пайӗ сасӑлани кирлӗ. Пӗррремӗш тата иккӗмӗш хут сасӑланӑ чухне кандидатсенчен пӗри те суйланма кирлӗ чухлӗ сасӑ пухаймасан, виҫҫӗмӗш хут сасӑлаҫҫӗ, кунне вара депутатсен ытларахӑшӗ сасӑлани те ҫителӗклӗ пулать. Сасӑланӑ ҫӗре ларӑва пынӑ депутатсем кӑна хутшӑнаҫҫӗ.

Пӗррремӗш хут сасӑлании результачӗсем ҫакӑн пек пулнӑ: Кашен 145 сасӑ илнӗ, Ле Трокер—133 сасӑ, Шнейтер—212 сасӑ, Рюф—57 сасӑ. Томиҫе ҫын Наци пухӑвӗн ытти депутачӗсемшӗн сасӑланӑ. (Ку депутатсем кандидатсен списокӗнче пулман).

Иккӗмӗш хут сасӑлас умӗн перерыв вӑхӑтӗнче парламентри ушкӑнсем хӑйсем председатель суйлас ыйтура мӗнле позици йышӑнасси ҫинчен ҫӗнӗрен сӳтсе явнӑ. Пӗррремӗш хут сасӑлании итогӗсене шута илсе (ун чухне коммунистсен кандидачӗ Марсель Кашен социалистсен кандидатӗнчен Ле Трокертан нумайрах сасӑ илнӗ), коммунистсен парламентри ушкӑнӗ социалистсемпе радикалсене иккӗмӗш хутӗнче Кашен кандидатуришӗн сасӑлама сӗннӗ. Анчах та ҫак икӗ парти коммунистсен сӗнӗвне йышӑнман. Вара коммунистсен ушкӑнӗ заявлени тунӑ. Унта ҫапла каланӑ:

«Пулса тӑнӑ лару-тӑрура коммунистсен ушкӑнӗ, реакци кандидатне поражени кӳрес, «республика фрончӗп» партийӗсемпе сылтӑмри партисем пӗр-пӗринпе ҫураҫума хӑтланса тӑвакан ӗҫсене путлантарса лартас, ҫапла вара ҫӗршыври демократилле вӑйсене пӗрлештерме пулӑшас тесе, Марсель Кашена кандидатсен шутӗнчен кӑларма, иккӗмӗш хутӗнче социалистсен кандидачӗшӗн сасӑлама йышӑнчӗ», тенӗ.

Иккӗмӗш хутӗнче сасӑсем ҫапла пайланнӑ: Ле Трокершӑн 279 депутат сасӑланӑ, Шнейтершӑн—216 депутат, Рюфшӑн 56 депутат.

Кандидатсенчен пӗри те суйланма кирлӗ чухлӗ сасӑ илеймен пирки виҫҫӗмӗш хут сасӑламалла пулнӑ.

ПАРИЖ, январӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер каҫхине Наци пухӑвӗн председательне суйлас тӗлӗшпе сасӑлас ӗҫ вӗҫленнӗ. Виҫҫӗмӗш хут сасӑланӑ чухне Наци пухӑвӗн председателӗ пулма Ле Трокера (социалиста) суйланӑ. Уншӑн 280 депутат сасӑланӑ. Шнейтер (МРП членӗ) 205 сасӑ илнӗ.

ПАРИЖ, январӗн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Ле Трокер председатель пулса ертсе пынипе партисен Наци пухӑвӗнчи ушкӑнӗсен председателӗсен ларӑвӗ пулса иртнӗ. Ларура Наци пухӑвӗн вице-председателӗсемпе секретарӗсен вырӑнӗсене партисем хушшинче валеҫесси ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса панӑ.

Ку решенипе килӗшӳллӗн Наци пухӑвӗн вице-председателӗсем ҫаксем пулаҫҫӗ: 2 коммунист (ҫав шутран пӗри—пӗррремӗш вице-председатель), 1 «независимӑй республиканец», 1 социалист, 1 «социальнӑй республиканец», ЮДРС партийӗн тата ӑна ҫывӑх партисен депутачӗсен 1 представителӗ. Наци пухӑвӗн бюровӗн секретарӗсем пулма 4 коммуниста, 2 социалиста, 2 «независимӑй республиканеца», МРП партийӗн 2 членне, 2 пужадиста, 1 «социальнӑй республиканеца» тата «сулахай республиканецсен пӗрлешӗвӗн» (РЖР) 1 членне уйӑрса лартнӑ.

*Физкультурӑпа спорт*

# Йӗлтӗрҫӗсен ӑмӑртӑвӗсем

Ҫак кунсенче Шупашкарта профсоюзсен спорт обществисенчи йӗлтӗрҫӗсен республикӑри ӑмӑртӑвӗсем пулса иртеҫҫӗ. «Урожай» спорт обществи енӗпе ирттернӗ ӑмӑртӑва ялхуҫалӑхӗнчи рабочисемпе служащисен коллективӗсенчен 17 команда хутшӑннӑ. Хӗрарӑмсем хушшинче 5 километр чупас енӗпе Вӑрнарти зооветтехникумра вӗренекен Симонова, 10 километр чупас енӗпе—Вӑрнар МТС-ӗнче ӗҫлекен Васильева мала тухнӑ. Арҫынсем енӗпе илсен, 15 километра 1 сехет те 06 минут та 15 секундра тата 30 километра 2 сехет те 03 минут та 26 секундра тухса, Вӑрмар МТС-ӗнче ӗҫлекен Васильев пӗррремӗш вырӑнсене йышӑнчӗ.

Машина-трактор станцийӗсемпе техникумсенчи йӗлтӗрҫӗсен республикӑри ӑмӑртӑвне ирттернӗ май 55 ҫын спорт разрячӗсен нормисене, ҫак шутран 14 ҫын иккӗмӗш разряд нормисене, тултарчӗҫ.

Командӑсем енӗпе илсен машина-трактор станцийӗсенчи йӗлтӗрҫӗсем хушшинче Сӗнтӗр МТС-ӗн команди, техникумсенчи йӗлтӗрҫӗсем хушшинче — Вӑрнар зооветтехникумӗн команди мала тухрӗ.

Йӗлтӗрҫӗсен республикӑри ӑмӑртӑвӗнче мала тухнӑ командӑсемпе уйрӑм йӗлтӗрҫӗсене грамотӑсемпе парнесем панӑ. Чи пултаруллӑ йӗлтӗрҫӗсене «Урожай» спорт обществин сборнӑй командине кӗртнӗ. Ҫак команда февралӗн 10—14-мӗшӗсенче Мускавра «Урожай» спорт обществин Центральнӑй Совечӗ енӗпе мала тухмалли ӑмӑртӑва хутшӑнать.

Вӑрман промышленность предприятийӗсенче ӗҫлекен тата техникумсемпе училищӗсенче вӗренекен физкультурниксемпе физкультурницӑсем «Красная звезда» спорт обществи енӗпе республикӑра мала тухассишӗн икӗ кун хушши ӑмӑртрӗҫ. Шупашкарти 11-мӗш номерлӗ техника училищинче вӗренекен Н. Мурышкина 5 километр чупас енӗпе, Сӗнтӗрвӑрринчи вӑрман техникумӗнче вӗренекен Р. Соколова—10 километр чупас енӗпе мала тухрӗҫ.

Арҫынсен 30 километр чупмалли ӑмӑртӑвӗнче 11-мӗш номерлӗ техника училищинче вӗренекен К. Синев пӗррремӗш вырӑн йышӑнчӗ. Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗнче ӗҫлекен И. Енжаев 15 километр хушшине пуринчен те хӑвӑртрах чупса тухрӗ.

«Красная звезда» спорт обществи енӗпе йӗлтӗр спорчӗпе республикӑра мала тухмалли ӑмӑртура командӑсем енӗпе илсен Йӗпреҫ вӑрманпромхозӗн команди пӗррремӗш, Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан тӑвакан комбинат команди—иккӗмӗш, Улатӑрти йывӑҫ япаласем тӑвакан комбинат команди—виҫҫӗмӗш вырӑн йышӑнчӗ. Вӑрман промышленноҫӗнчи техникумсемпе училищӑсен командисем енӗпе илсен Шупашкарти 11-мӗш номерлӗ техника училищин команди мала тухрӗ, Сӗнтӗрвӑрринчи вӑрман техникумӗн команди—иккӗмӗш, Улатӑрти вӑрман техникумӗн команди—виҫҫӗмӗш вырӑн йышӑнчӗ.

Ӑмӑртӑва хутшӑннӑ йӗлтӗрҫӗсем хушшинче 20 ҫын иккӗмӗшпе виҫҫӗмӗш спорт разрячӗн нормисене тултарнӑ.

Январӗн 24—25-мӗшӗсенче «Буревестник» спорт обществинчи йӗлтӗрҫӗсем республикӑра мала тухассишӗн ӑмӑртрӗҫ. Ӑмӑртӑва 30 команда (пурӗ 215 йӗлтӗрҫӗ) хутшӑнчӗ. Уйрӑм спортсменсем енӗпе илсен, Чӑвашсен ялхуҫалӑх институчӗн преподавателӗ Назаров; 15 километра 57 минут та 40 секундра, 30 километра—2 сехет те 01 минут та 30 секундра тухса, пӗррремӗш вырӑнсене йышӑнчӗ. Ҫак икӗ результат та пӗррремӗш спорт разрячӗ шутланать.

Иккӗмӗш вырӑна 15 километр чупас енӗпе Ермолаев (Канаш хулинчен), 30 километр чупас енӗпе—Мартынов (Ҫӗрпӳ хулинчен) мала тухрӗҫ. Шупашкар хулинчи 2-мӗш вӑтам шкулта ӗҫлекен Михайлов 10 километр чупассипе мала тухрӗ.

Хӗрарӑмсем хушшинче 3 километр чупас енӗпе Атӑл леш енчи электростанцире ӗҫлекен Скрябина, 5 километр чупас енӗпе—Канашри финанс техникумӗнче вӗренекен Николаева, 10 километр чупас енӗпе—Вӑрнар районӗнчен килнӗ йӗлтӗрҫӗ Кондратьева юлташсем пӗррремӗш вырӑнсене йышӑнчӗҫ.

«Буревестник» спорт обществи енӗпе республикӑра мала тухмалли ӑмӑртӑва ирттернӗ май 124 физкультурникпа физкультурница спорт разрячӗсен нормисене, ҫак шутран 3 ҫын пӗррремӗш, 43 ҫын—иккӗмӗш разряд нормисене тултарчӗҫ.

Командӑсем енӗпе илсен, институтсенчи командӑсенчен Чӑвашсен ялхуҫалӑх институчӗн, техникумсемпе училищӗсем енӗпе—Канашри финанс техникумӗн, спорт обществин районти Совечӗсем енӗпе—Вӑрмар районӗн, вырӑнсенчи физкультура коллективӗсем енӗпе—Шупашкарти учительсен ҫурчӗн командисем мала тухрӗҫ.

Ӑмӑртура мала тухнӑ командӑсемпе уйрӑм йӗлтӗрҫӗсем январӗн 28—29-мӗшӗсенче Чӑвашоблпрофсовет ирттерекен ӑмӑртӑва тата ҫавӑн пекех февраль уйӑхӗнче «Буревестник» спорт обществин Центральнӑй Совечӗ Куйбышевра ирттерекен зонӑри ӑмӑртӑва хутшӑнаҫҫӗ.

# Классикла музыкӑн генийӗ

*(В. Моцарт ҫуралнӑранпа 200 ҫул тултарнӑ тӗле)*

Вольфганг Амадей Моцарт—XVIII-мӗш ӗмӗрти чи паллӑ композиторсенчен пӗри. Вӑл Австри халӑхӗн ҫав тери мухтавлӑ ывӑлӗ. Унӑн ятне Гайднпа Бетховен ячӗсемпе пӗрле асӑнаҫҫӗ. Ҫав генилле виҫӗ музыкҫӑ ӗнтӗ, «Венӑри классикла шкулӑн» никӗсне хывса, тӗнчери музыкӑна вилӗмсӗр произведенисемпе пуянлатнӑ. Гайднӑн, Моцартӑн тата Бетховенӑн произведенийӗсем — малта пыракан идейӑсемпе, халӑх творчествипе ҫыхӑннӑ, тарӑн шухӑш-кӑмӑл палӑртакан произведенисем малашнехи тапхӑрта пурӑнакан музыкҫӑсемшӗн классикла тӗслӗх пулса тӑнӑ.

В. Моцарт 1756 ҫулта, январӗн 27-мӗшӗнче, Австрири Зальцбург ятлӑ пысӑках мар хулара ҫуралнӑ. Вӑл вӑхӑтра Австри политика тӗлӗшпе кая юлнӑ ҫӗршывсенчен пӗри пулнӑ. Ҫӗршывра ирӗклӗх идейисене саралма май паман пулин те, вӗсене туйса илнӗ интеллигентсен хисепӗ ҫулсеренех ӳссе пынӑ. Ученӑйсем, художниксем, музыкҫӑсем Францири пӗррремӗш революци умӗнхи юхӑмпа пӗрлешнӗ. Моцарт та каярахпа ҫав ретрех пулнӑ. Нимӗҫсен искусствин генилле представителӗсем Гете, Шиллер, Лессинг пек, вӑл ҫамрӑклах ирӗклӗх идейисене саламланӑ.

Моцарт музыка тӗлӗшпе ҫав тери пултаруллӑ пулни, чӑнах та ӗнтӗ, ачаранах палӑрнӑ. Тӑватӑ ҫулта вӑл клавесинпа (пулас фортепиано) выляна, пилӗк ҫула ҫитсен музыкӑлла произведенисем ҫырма тытӑннӑ. Пирвайхи сонатӑсемпе симфонисене вӑл 8 ҫулта чухнех ҫырнӑ, 12 ҫула ҫитсен вара Моцарт хӑйӗн пӗррремӗш оперине сцена ҫинче кӑтартнӑ.

Ача чухнехи ҫулсенчех Моцарт клавесинист-виртуоз тата дирижер пулса, ҫӗрме купӑс тата орган калаҫа хӑйне итлевенсене тӗлӗнтернӗ. Ултӑ ҫулхи Вольфгангӑн ячӗ пӗтӗм тӗнчипех саралнӑ. Австри, Германи, Франци, Англи, Итали тата ытти ҫӗршывсенче пулса, питӗ ҫамрӑк музыкҫӑ хӑйӗн гастролӗсене ҫав тери ӑнӑҫлӑн ирттернӗ. Унта вӑл тӗрлӗрен композиторсен музыкине нумай итленӗ, вӗсен лайӑх енӗсемпе ситменлӗхӗсене хӑйӗн «генилле хӑлхисемпе» хакланӑ.



Вольфганг Амадей Моцарт
(1756—1791)
(ТАСС фотохроники).

Нумай ҫӗршывсенчи эстрада ҫинче тухса выляна май, Моцарт ҫав вӑхӑтрах вӗренсе пынӑ. Лондонра вӑл И. Хр. Бахран (И. С. Бахӑн ывӑлӗнчен) уроксем илет. Сакӑр ҫулхи ача лайӑх тӗслӗх пулса тӑракан симфонин партитурине хӑйӗн аллипех ҫырса илет. Италире вӑл опера мастерӗсен музыкине вӗренет, Германире хӑйӗн аслӑ тусӗн—Иосиф Гайднӑн (каярахпа Гендельпе И. С. Бахӑн) произведенийӗсене тӗплӗн тишкерсе тухать. Моцарт вӗренме, ӗҫлеме юратакан композитор пулнӑ, произведенисене ҫав тери тӗплӗн тума тӑрӑшнӑ.

Моцарт пурӑннӑ вӑхӑтра музыкҫӑсене е композиторсене ӗҫлеме питӗ йывӑр пулнӑ. Вольфгангӑн вара йывӑр пурнӑҫ мӗн ачаранах пуҫланнӑ. Моцарт пӗчӗклех пӗтӗм тӗнчипе паллӑ ҫын пулса тӑнӑ терӗмӗр Анчах ҫак «тӗлӗнтермӗш ача» ҫитӗнсе пынӑҫемӗн аристократсен обществи унпа сахалтарах интересленме пуҫланӑ.

Музыка вӑл вӑхӑтра ҫӗрме пуян вельможӑсен аллинче кӑна пулнӑ темелле. Талантлӑ ҫынсем—музыкҫӑсем, композиторсем, дирижерсем—ҫав хуҫасен ҫакӑрне ҫисе пурӑннӑ ӗнтӗ. Унсӑрӑн вӗсен выҫҫа вилесси кӑна юлнӑ. Ҫавӑн пек тарҫӑ пулса ӗҫленӗ Вольфганг Моцарт та—XVIII-мӗш ӗмӗрти генилле музыкҫӑ.

Вунӑ ҫул хушши вӑл Зальцбург хулинчи архиепископ Колоредо граф патӗнче концертмейстер пулса ӗҫлет. Хӑйне пӑхӑнтарма вӗреннӗ, пурне те хӑратса, тарҫӑ пек тытса усракан граф Моцартӑн пултаруллӑхне аталантарасси ҫинчен шутламан та Вӑл Моцарта хӑйне килӗшӳллӗ произведенисем кӑна ҫырма ирӗк панӑ, талантлӑ сочиненисене намӑса пӗлмесӗр «критиклесе» композитора нумай кӳрентернӗ.

Ирӗклӗхе юратакан, хӑйӗн тивӗҫлӗхне туйса тӑракан Моцарт ҫавӑн пек мӑшкӑла текех чӑтса пурӑнайман. Хӑйӗн пултарулӑхне шанса, вӑл никама та пӑхӑнса тӑман музыкҫӑ пулма ӗмӗтленет. Ҫапла вӑл Колоредо архиепископпа хирӗҫсе кайса, ун патӗнчен яланлӑхах тухса тарать. Унччен Австрипе Германире пӗр композитор та ҫавӑн пек хӑюллӑ ӗҫ тума хӑяйман: выҫҫа вилесрен хӑранӑ. Моцарт ирӗклӗ художникӑн аплӑ ҫулӗ ҫине тухнӑ пирвайхи композиторсенчен пӗри пулнӑ.

Ирӗке тухнӑ хыҫҫӑн Моцарт хӑйне ҫав тери телейлӗ шутланӑ, унӑн творчестви ҫулсерен чечекленсе пынӑ. Анчах та, ҫав вӑхӑтрах, ҫук пурнӑҫ майӗпен унӑн сывлӑхне хӑйранӑ. Моцартӑн кӗске ӗмӗрӗ (вӑл 35 ҫул кӑна пурӑннӑ) чухӑнлӑхпа асапланнипех таталнӑ. Ҫапла пулнӑ та ӗнтӗ ҫав вӑхӑтри талантлӑ ҫынсен шӑпи.

Моцарт сахал пурӑннӑ, ҫапах вӑл ҫав тери нумай произведенисем ҫырса хӑварнӑ. XVIII-мӗш ӗмӗрти жанрсенчен вӑл ҫырман пӗр жанр та юлман пулӗ. Чылай пысӑк сюжетлӑ е комеди евӗрлӗ пӗчӗк оперӑсем, тӗрлӗрен инструментсем валли ҫырнӑ сонатӑсемпе концертсем, симфонисемпе квартетсем, органпа каласа вылямалли произведенисем, юрӑсем т. ыт. те—ҫаксем пурте Моцарт чӗринчен калама ҫук илемлӗн шӑранса тухнӑ.

Анчах Моцартӑн чапӗ ҫырнӑ произведенисен хисепӗнче кӑна мар. Тӗнчери музыка историйӗнче унӑн ячӗ сӳнми хӗвел пек ялкӑшса тӑрать, унӑн творчестви—чӑн-чӑн музыкӑн ҫӑлкуҫӗ тата ҫамрӑклӑхӗ. Вӑл хӑй пурӑннӑ вӑхӑтри — XVIII-мӗш ӗмӗрти музыкӑран нумай мала иртсе кайнӑ, унӑн творчествинче ҫӗнӗ тапхӑрӑн уҫӑмлӑ сасси хӑюллӑн янарама тытӑннӑ.

Моцарт творчестви прогрессивлӑ идейӑсемпе таччӑн ҫыхӑнса тӑрать, вӑл этеме ҫав тери юратнине палӑртать, пурнӑҫ ҫине яланах оптимистла—кӑмӑллӑ, саванса пӑхма чӗнет. Малти ретре пыракан художник пулса, Моцарт хӑйӗн творчествинче халӑх пурнӑҫне ҫутатса пама тӑрӑшать, профессиллӗ музыкӑна халӑхӑн юрӑ-кӗвӗ интонацийӗсемпе пӗтӗҫтерсе илемлетет, пуянлатать.

Монархсемпе феодалсен влаҫӗн тӳсме ҫук хаяр условийӗсенче Моцарт этем ирӗклӗхӗшӗн хӑюллӑн кӗрешет. Ирӗклӗх идейисем нумай произведенисенче палӑраҫҫӗ. «Свадьба Фигаро» оперӑра та ҫак тема тӗп вырӑн йышӑнать. Ӑна Моцарт Бомарше драматургӑн пьеси тӑрӑх ҫырнӑ. Вӑл вӑхӑтра ҫак пьесӑна Францире те, Австрире те сцена ҫинче лартма чарнӑ пулнӑ.

«Свадьба Фигаро» опера—Моцартӑн чи лайӑх оперисенчен пӗри. Унта композитор опера жанрне тӗпренех ҫӗнетсе вӑйлатни уҫҫӑн палӑрать. Моцартӑн геройӗсем ҫав вӑхӑтри Итали оперисенчи ҫынсем пек мар—вӗсем чӗрӗ, кулленхи пурнӑҫран илнӗ геройсем. Кашни сӑнар—вӑйлӑ, тӗрӗс, пур енчен те ҫутатса кӑтартнӑ характер. Оперӑра композитор халӑхран тухнӑ геройсене — Фигаро, Сюзанна тата Керубино сӑнарӗсене уйрӑмах юратса палӑртнӑ. «Виҫҫӗмӗш сословин» моралӗ аристократсен моральне сӗнтерет. Пӗчӗк ҫынсем те дворянсен пусмӑрне хирӗҫ кӗрешме пултараҫҫӗ, тӑрӑшсан, вӑй хурсан, вӗсем ҫӗнтереҫҫӗ те—ҫакна каласшӑн та Моцарт хӑйӗн оперинче.

«Дон Жуан» опера—Моцарт ҫырнӑ чи вӑйлӑ музыкӑлла драма. Унта композитор кивӗ пурнӑҫ йӑлисенчен хӑтӑлнӑ, никама пӑхӑнман ҫынна мухтать. Оперӑри музыка витӗмлӗ, сӑнарлӑ, чӑн-чӑн драматизм палӑрать. Дон Жуан, Лепорелло, Церлина, Донна Анна, Оттавио сӑнарӗсене ҫав тери тарӑннӑн ҫутатса кӑтартнӑ. Ахальтен мар вырӑссен аслӑ композиторӗ П. И. Чайковский ҫак оперӑна питӗ мухтанӑ, Лепорелло вара Ф. Шаляпинӑн юратнӑ ролӗ пулнӑ.

Моцарт уйрӑм героя пур енчен те ҫутатса пынипех ҫырлахман. Вӑл музыкӑллӑ драмӑра социальнӑй характеристика пама тӑрӑшнӑ. Ҫакӑ ӑна XVIII-мӗш ӗмӗрти композитор-драматургсенчен палӑх уйӑрать. Асӑннӑ икӗ оперӑра ҫак принцип уҫҫӑнах палӑрать.

Моцартӑн «Дон Жуан», «Свадьба Фигаро», «Волшебная флейта», «Похищение из Сераля» ятлӑ чи лайӑх оперисене халӗ те пӗтӗм тӗнчипех лартаҫҫӗ.

Моцарт искусстви реализм никӗсӗсем ҫинче тытӑнса тӑрать. Унӑн музыкӑллӑ драминче пурнӑҫран илнӗ сӑнарсем пӗр-пӗринпе ҫыхӑнса тӑраҫҫӗ. Час-часах, сюжет аталанса пынӑ май, драмӑлла тата комедилле сӑнарсем пӗр-пӗрне хирӗҫ пулса ҫапӑнаҫҫӗ. Ку енчен илсен, Моцарт Шекспир пекех. Моцарт опера искусствинче тунӑ прогрессивлӑ реформӑна XIX-мӗш ӗмӗрти композиторсем малалла тӑсса пынӑ. Хӗвеланӑҫ Европа музыкинче ку ӗҫре уйрӑмах Биза тата Верди чапа тухнӑ.

Симфониллӗ музыка ҫырас тӗлӗшпе те Моцарт пӗтӗм тӗнчере паллӑ ӗҫсем туса хӑварнӑ. Вӑл симфонисем 40 ытла ҫырнӑ, кашнинчех хӑйне евӗрлӗ сӑнарсем кӑтартма, пуян шухӑш-кӑмӑлсем палӑртма тӑрӑшнӑ. Моцартӑн чи паллӑ симфонийӗсенчен пӗри — сольминорлӑ симфони. Ӑна выляман оркестрсем тӗнчере ҫук та пулӗ.

Вырӑссен паллӑ композиторӗсем Глинка, Чайковский, питӗ чаплӑ критик Стасов т. ыт. те Моцарт произведенийӗсене питӗ тӗрӗс хакланӑ. Моцартӑн вилӗмсӗр творчестви совет композиторӗсемшӗн те лайӑх тӗслӗх пулса тӑрать. Вӑл ҫырнӑ произведенисене совет халӑхӗ юратса итлет. Моцартӑн музыки этемлӗхе телейлӗ, саванӑҫлӑ, илемлӗ пурнӑҫ тума чӗнет. Вӑл халӑхсене ирӗклӗх, туслӑх идейисемпе хавхалантарать.

Кӑҫалхи январӗн 27-мӗшӗнче Вольфганг Моцарт ҫуралнӑранпа 200 ҫул тултарать. Пӗтӗм Тӗнчери Мир Совечӗ йышӑннӑ тӑрӑх, ҫак куна мӗнпур ҫӗршывсенче аслӑн паллӑ тӑваҫҫӗ.

Моцартӑн генилле ячӗ ӗмӗр-ӗмӗр пурӑнӗ, унӑн творчестви тӗнчери пур халӑхсемшӗн те ҫывӑх юлӗ.

Ю. ИЛЮХИН.
Музыковед.

## АВТОПАРК ӲСЕТ

КАНАШ. (Хамӑр корр.). 1954 ҫулхипе танлаштарсан иртнӗ ҫул автотранспорт кантурӗн автопаркӗ 65 процент ӳсрӗ. Ҫулталӑк хушшинче, автобуссемпе 2.580 пин ҫынна яхӑн илсе ҫӳресе, плана 113,8 процент тултарнӑ.

Халӗ хулара ултӑ автобус ӗҫлет. И. Шейкин шофер, «ЗИС-115» машинӑпа ӗҫлесе, хӑйне панӑ плана кулленех 120—130 процент тултарать.

## *Пӗлтерни*

Январӗн 27-мӗшӗнче, каҫхине 8 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотекинче (Урицкий урамӗ) социализмла промышленность предприятийӗсен экономикине вӗренекенсем валли лекци пулать. Лекци темиӗ: «Предприятисенчи социализмла ӑмӑрту тата малта пыракансен опытне ӗҫе кӗртсе пырасси».

Лекторӗ—КПСС обкомӗн промышленноҫпа транспорт пайӗн заведующийӗ Л. Г. Шерстюк юлташ.

Редактор заместителӗ П. Н. НИКОЛАЕВ.




РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—3-04, совет строительстви пайӗ—3-04, литературӑпа искусство пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—3-54, издательство кантурӗ—0-23.

00614 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37,000 экз.